*Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!*

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

ЗНАК ПОЧЕТА

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 2 (20135) • Юнкун, 1990 çулхи январĕн 3-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус

## УТĂМ ХĂВĂРТЛАНАТЬ

### Ăнăçлă иртнĕ 1990 çулăн пĕрремĕш ĕç кунĕ республикăри предприятисенче

**«Эпир ыранхи куна шанчăклăн пăхма пултаратпăр. Темĕнле пысăк вăй хурса, çине тăрса кĕрешмелле пулсан та, пирĕн çĕршыв йывăрлăхсене çĕнтерме пултарать», — М. С. Горбачев совет халăхне Çĕнĕ çул ячĕпе Чĕнсе каланинчи çак сăмахсем кашни çынна вуниккĕмĕш пилĕкçуллăхăн юлашки çулĕн задачисене ăнăçлă пурнăçлассишĕн нихçанхинчен хастар кĕрешме хавхалантараççĕ.**

**1990 çулăн малтанхи ĕç кунĕ мĕнле иртни çинчен республикăри уйрăм предприятисемпе пĕрлешӳсен руководителĕсем пирĕн корреспондента çапла пĕлтернĕ:**

### СТРОЙКĂСЕМ ВАЛЛИ

**С. ШИПИЛЕВСКИЙ,**
**«Чувашстройматериалы» производство пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕ**

Пирĕн январь уйăхĕнчи график çакăн пек: кашни талăкра республикăри стройкăсене 792 пин кирпĕч тиесе ямалла. Çулталăкăн малтанхи ĕç кунĕнче çак задачăна иртттерсе тултартăмăр. Уйрăмах Çĕнĕ Шупашкарти тата Шупашкарти строительство материалĕсен завочĕсем, Парачкаври кирпĕч завочĕ, кооператив йĕркипе ĕçлекен цехсем пысăк хастарлăх кăтартрĕç.

Çурт-йĕр нумай лартнă май, пирĕн хăватсем халăх хуçалăх ыйтăвĕсене тивĕçтереймеççĕ-ха. 1989 çулта палăртнинчен 10 миллион кирпĕч нумайрах хатĕрлесе панă. Кăçалхи программа чылай пысăкрах, пурĕ 315 миллион кирпĕч туса кăларма йышăнтăмăр. Канашри «Стройкерамика» заводăн çĕнĕ хăвачĕсемпе усă курма тытăннă. Анчах унăн ĕçе йĕркелемелли режимпа 15 уйăх ĕçлемелле-ха. Çавăнпа халăх хăватсемне тулăнрах усă курасси çине тимлĕ пăхатпăр.

Иртнĕ çул пĕрлешӳ тулли хуçалăх расчечĕпе ĕçлерĕ. Тупăш шайне 13 процент пысăклатнă. Анчах çакă пĕрре те сителĕклĕ мар. Мĕншĕн тесен тупăшăн 61 процентне государство тата отрасль бюджечĕсене куçарса паратпăр. Хамăра валли 39 проценчĕ çеç юлать. Малашне ăнăçлăрах ĕçлес тесен, предприятисен хайтеллĕхне тĕпренех вăйлатмалла. Униçĕрăн СССР халăх депутачĕсен иккĕмĕш съездĕнче палăртнă ответлă задачăсене пурнăçлама йывăр пулĕ.

... çĕрте те тухăçлă ĕçленĕ. Комбинат, пĕтĕмпе илсен, талăкра икĕ миллион тенкĕлĕхе яхăн продукци туса кăларнă, 1,2 миллион тенкĕлĕх пир-авăра потребительсем патне тиесе янă.

Çĕнетӳ çулĕ çинче пĕр вырăнта тăма юрамасть. Иртнĕ çулсенче те анаçлă ĕçленĕ пир-авăр ăстисем. Тăваттăмĕш çул хуçала.. еçĕнчи çĕнелĕхсене малалла аталантарнă. Шăпах çакă пулать те ӳсĕм никĕсĕ. 1989 çулта, акă, палăртнинчен 15 миллион тенкĕ чухлĕ услам нумайрах илтĕмĕр, 8 миллион тенки хамăр алăра юлчĕ. Пĕлтĕрхи пекех, пурăнмалли çурт-йĕр лартма 5 миллион тенкĕ уйăрса паратпăр. Производство малалла аталанать, çĕнĕ оборудовани чылай вырнаçтарса лартатпăр. Сывăх вăхăтрах пир-авăра шуратса пĕветекен фабрикăра виççĕмĕш корпус тума тытăнасшăн.

Кăçалхи тĕп тĕллевсем çакăн пек. Çулталăкра 480 миллион тенкĕлĕх продукци туса кăлармалла. Уйрăмах çиц арласси хăвăрт ӳсет, унăн калăпăшĕ, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, 600 тонна чухлĕ пысăкланать. Çĕнĕ издели — арçын кĕпи çĕлемелли пахa пир-авăр нумайрах парса тăма тытăнатпăр. Японирен туяннă линие ĕçе кĕртнĕ хыççăн, пĕлтĕрхи юлашки кварталта çав пир-авăра туса хатĕрлеме пуçланăччĕ. Кăçал вара ăна 6 миллион метр таранах тĕртмелле. Паллах, тĕрлĕ предприятисемпе, наука центрĕсемпе, суту-илӳ организацийĕсемпе тӳррĕмĕнех тытакан çыхăнусем малалла вăйланаççĕ.

### АЛĂРА — АТĂЛ ХĂВАЧĔ

**А. ЩЕГЛЕТОВ,**
**Шупашкар ГЭСĕн смена начальникĕ**

1990 çул ĕç вахтине хастаррăн тăнине эпир, гидроузел службисенчи специалистсем, витĕр курса тăратпăр. Уяв кунĕсенче халăх хуçалăхне электроэнерги нумай кирлĕ пулман, çавăнпа январĕн 1-мĕшĕнче пирĕн станци икĕ миллион киловатт-сехет кăна хатĕрлесе панă. Январĕн 2-мĕшĕнче вара ирхи сехетсенчех энерги пите нумай кирлĕ пулчĕ, гидроагрегатсене пурне те тулли хăватпа ĕçлеттертĕмĕр. Яланхи пекех, талăкра 6 миллион киловатт-сехете яхăн электроэнерги хатĕрлесе паратпăр.

Коллектив ĕмĕчĕ — халиччен ӳсĕмсене çирĕплетесси. Пĕлтĕр Шупашкар ГЭСĕ 2 миллиард та 240 миллион киловатт-сехет электроэнерги хатĕрлесе панă. Унăн хăйхаклахĕ планпа палăртнинчен пĕчĕкрех. Çапла вара Атăл хăвачĕ пысăк усă панине лайăх куратпăр. Шел пулин те, пирĕн ГЭС çурма хăватпа çеç ĕçлет. Çавна пула кашни талăкрах пиншер те пиншер тенкĕ çухататпăр. Вырăнти электростанцисем парса тăракан хăват республикăна çитми пулчĕ. Ытти регионсенче те çителĕклĕ мар вăл. Эпир Шупашкар тинесĕнчи шыв шайне тепĕр 2 метр хăпартасса кĕтетпĕр. Çав тĕллеве пурнăçласан, Шупашкар ГЭСĕ çĕршыва çулленех 3 миллиард киловатт-сехет таран йӳнĕ электроэнерги парса тăма пултарĕччĕ.

### ЮБИЛЕЕ КĔТСЕ ИЛСЕ

**Н. АФИНОГЕНТОВ,**
**Шупашкар чугун çул станцийĕн начальникĕ**

Çакна пĕлтерес тетĕп: 1990 çулăн пĕрремĕш талăкĕнче вагонсем пушатас тата грузсем тиесе ăсатас енĕпе Шупашкар станцийĕн кăтартăвĕсем Горький чугун çулĕн Хусан уйрăмĕнче чи лайăххисем пулчĕç. Январĕн 1-мĕшĕнче 297 вагон пушатнă, 2,5 пин тонна выранне 3,6 пин тонна тĕрлĕ груз тиесе ăсатнă. Çакăн пек ăнăçлă ĕçлемешкĕн станци службисем предприятисемпе тата организацисемпе тачă çыхăну тытни нумай пулăшрĕ. Шупашкарти 2-мĕш ТЭЦ, агрегат завочĕ, «Чувашстрой» пĕрлешĕвĕн чугун çул хуçалахĕ уйрăмах тухăçла ĕçлерĕç.

1990 çул пирĕн коллектившăн уйрăмах паллă событипе пуçланать. Çак эрне вĕçĕнче Шупашкар чугун çул станцийĕ ĕçе кĕнĕренпе 50 çул çитнине паллă тăватпăр. 1940 çулхи январĕн 7-мĕшĕнче СССР Çул-йĕр халăх комиссарначĕ Шупашкар чугун çул станцине яланлăхах ĕçлемешкĕн йышăннă. Çур ĕмĕр хушшинче станци малалла нумай ӳсcе аталаннă. Çак хушăри паллă улшăнусене ятарласа уçăлакан музейри экспонатсем кăтартса параççĕ.



## Чăваш АССР Министрсен Советĕнче

**Чăваш АССР Министрсен Совечĕн Президиумĕн черетлĕ ларăвĕнче планлакан органсем, министерствăсемпе ведомствăсем, промышленность, строительство, агропромышленность предприятийĕсем Чăваш АССРĕн экономикипе социаллă пурнăçне 1990 çулта аталантармалли плана пурнăçлассине йĕркелес тĕлĕшпе мĕнле ĕçлени çинчен ыйтусем пăхса тухнă.**

Ку ыйтупа Чăваш АССР Министрсен Совечĕн председателĕн заместителĕ, Чăваш АССР Госпланен председателĕ В. А. Мурашкин пĕлтернине итлерĕ. Вăл çакна палăртнă: республика экономикипе социаллă пурнăçне 1990 çулта аталантармалли плана экономикăна вăйлатассине тата йĕркелесе çитерессине, социаллă пурнăçа аталантарас çул çине çирĕппĕн тăрассине, Апат-çимĕç программипе Пурăнмалли çурт-йĕр программине пурнăçа кĕртессине, потребительсен рынокне таварсемпе ытлăн-çитлĕн тивĕçтерессине шута илсе палăртса хатĕрленĕ. Тĕллевлĕ çак задачăсене пурнăçа кĕртмешкĕн мĕнпур ĕç коллективĕсен вăйне мобилизацилемелле.

1990 çулта социаллă пурнăçпа культурăн пурлăхпа техника никĕсне аталантармалли план палăртса хатĕрленĕ чухне социаллă пурнăçпа культурăна 2000 çулчченхи тапхарта аталантармалли программăсене пĕтĕмĕшпе пурнăçа кĕртме задача лартнă. Строительствăпа монтаж организацийĕсене подряд ĕçĕсен лимичĕсене тата еçе кĕртмелли хăватсен калăпăшне шута илсе подряд договорĕсем тумалли объектсемпе еççен калăпăшне палăртса панă. Анчах строительствăпа монтаж организацийĕсенчен ытларахăшĕ подряд договорĕсем тума [illegible] объектсем тĕлĕшпе подряд договорĕсем халиччен туман. Кунта чи малтанах «Чувашстрой» территори строительство пĕрлешĕвĕ (начальникĕ Е. А. Тертышный), «Чебоксаргэсстрой» строительство управленийĕ (начальникĕ Н. Б. Михайлов), «Чувашагропромстрой» пĕрлешӳ (совет председателĕ Э. А. Аблякимов) пирки сăмах пырать. Социаллă пурнăçпа культурăна 1990 çулта аталантарма палăртнă программа пурнăçа кĕмесĕр юлас хăрушлăх тухса тăчĕ.

нормăран иртекен калăпăшĕ ӳсcе пырать. Уйăрса панă материал ресурсĕсем капитальнăй строительствăн çулталăкри планне 80 процент чухлĕ кăна пурнăçлама çитеççĕ. Çакна шута илсе, Чăваш АССР Министрсен Совечĕ материал ресурсĕсене чи малтан пурăнмалли çуртсем, сывлăх объекчĕсем, халăха вĕрентес ĕçпе культура тата коммуналлă хуçалăх объекчĕсем тума уйăрса парасси çинчен решени йышăннă. Материал ресурсĕсене çавăн пекех халăха кирлĕ таварсем туса кăларассипе çыхăннă промышленность строительствине уйăрса параççĕ. Ытти объектсене заказчиксен — промышленность пĕрлешӳвĕсен, предприятисен тата организацисен материалпа техника ресурсĕсемпе усă курса туса лартма сĕннĕ.

Подряд организацийĕсен руководителĕсене, заказчиксене тата капитальнăй строительствăна хутшăнакан ытти вăйсене социаллă пурнăçпа культурăн материалпа техника никĕсне аталантармалли программăна пурнăçлас тĕлĕшпе подряд договорĕсем тăвас ĕçе сывăх вăхăтрах вĕçлеме хушнă.

Республикăри халĕ ĕçлекен кирпĕч завочĕсене реконструкцилеме тата Канашри çулталăкра 60 миллион штук кирпĕч туса кăлармалли завода ĕçе кĕртме мерăсем [illegible] «Агропромстрой» (совет председателĕ Э. А. Аблякимов) пĕрлешӳсем 1990 çулта стена материалĕсем Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн XV сессийĕ çирĕплетнĕ заданисенче палăртнинчен сахалрах туса кăларма шутлаççĕ.

Министрсен Совечĕ «Чувашстройматериалы» тата «Агропромстрой» пĕрлешӳсен руководителĕсене строительство материалĕсем туса кăлармашкăн Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн сессийĕ çирĕплетнĕ плана [illegible]

кан предприятисене тата суту-илӳпе хатĕрлев организацийĕсене продукци туса кăлармашкăн чĕртавар парса тăма тата республикăри хуласемпе район центрĕсенчи халăха апат-çимĕç таварĕсем кирлĕ чухлĕ тата кирлĕ ассортиментпа парса тăма тăрăшманни.

Халăх депутачĕсен район Совечĕсен ĕçтăвкомĕсене, хатĕрлев отраслĕсен тата ялхуçалăх чĕртаварĕнчен продукци туса кăларакан отрасльсен руководителĕсене 1990 çулта ялхуçалăх продукцийĕ сутмалли государство заказĕсене шанчăклăн пурнăçлама тата çирĕплетнĕ госзаказпа килĕшӳллĕн контрактаци договорĕсем тума витĕмлĕ мерăсем йышăнма хушнă. Колхозсемпе совхозсен тата агропромышленность комплексĕн ытти предприятийĕсен коллективĕсенче государствăн ялхуçалăх продукцийĕ сутмалли заказне пурнăçлас тата ялти экономика çыхăнăвĕсене тĕпрен çĕнĕлле йĕркелес, халăха апат-çимĕç продукчĕсем парса тăрассине лайăхлатас тĕллевпе организаторла ĕçе анлăн туса пымалла.

Потребительсен рынокĕнчи лару-тăрăва йĕркелесе çитерес, халăха таварсемпе тивĕçтерессине лайăхлатас, укçа-çаврăнăшне йĕркелесе çитерес тĕлĕшпе пĕр-пĕринпе çыхăннă кăткăс нумай задачăсене татса памалла. Çакна шута илсе, республика экономикипе социаллă пурнăçне 1990 çулта аталантармалли планра пĕрлешӳсемпе предприятисенче халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине — 15 процент, [illegible] 37 процент ӳстерме палăртнă.

*Анчах та промышленность предприятийĕсенчен хăшпĕрисем апат-çимĕçлĕх мар таварсем туса кăлармашкăн çӳллĕрех шайри министерствăсемпе ведомствăсем палăртса панă контрольлĕ цифрăсенчен пĕчĕкрех плансем йышăннă. Сăмахран, Шупашкарти чăлхапа трикотаж фабрики (директорĕ Н. П. Сиверская) 1990 çулта халăха кирлĕ таварсем туса кăларма йышăннă планри кăтартусем контрольлĕ цифрăсен[illegible]*

сем пысăк хастарлăх кăтартрĕç.

Çурт-йĕр нумай лартнă май, пирĕн хăватсем халăх хуçалăх ыйтăвĕсене тивĕçтерейменççĕ-ха. 1989 çулта палăртнинчен 10 миллион кирпĕч нумайрах хатĕрлесе панă. Каçалхи программа чылай пысăкрах, пурĕ 315 миллион кирпĕч туса кăлармалла йышăнтамăр. Канашри «Стройкерамика» заводăн çенĕ хăвачĕсемпе усă курма тытăннă. Анчах унăн ĕçе йĕркелемелли режимпа 15 ... халăхи хăватсемпе туллинрех усă курасси çине тимлĕ пăхатпăр.

Иртнĕ çул пĕрлешӳ тулли хуçалăх расчечĕпе ĕçлерĕ. Тупăш шайне 13 процент пысăклатнă. Анчах çакă пĕрре те çителĕклĕ мар. Мĕншĕн тесен тупăшăн 61 процентне государство тата отрасль бюджечĕсене куçарса паратпăр. Хамăра валли 39 проценчĕ çеç юлать. Малашне ăнăçлăрах ĕçлес тесен, предприятисен хăйтĕлĕнлĕхне ӳстерес вăйлатмалла. Унсăрăн СССР халăх депутачĕсен иккĕмĕш съездĕнче палăртнă ответлă задачăсене пурнăçлама йывăр пулĕ.

пир-авăра шуратса пĕветекен фабрикăра виççĕмĕш корпус тума тытăнасшăн.

узел служойсенчи специалистсем, витĕр курса тăратпăр. Уяв кунĕсенче халăх ху-

ватт-сехет тăрăх ... троэнерги парса тăмз пуларĕччĕ.

сене ятарласа уçалакан музейри экспонатсем кăтартса параççĕ.





● Куславккари автофургон комбиначĕн 8-мĕш цехĕнчи инструментсен участокĕнче халăха кирлĕ таварсен тĕслĕхĕсене тата вĕсене кăлармалли штампсене туса хатĕрлеççĕ. КПСС членĕ А. Сорокин мастер (ӳкерчĕкре варринче) ертсе пыракан коллектив пирки ырăпа калаçнине кăна илтетĕн. В. Кудряцев (сулахайри), К. Прусаков слесарьсем те чертежсене лайăх ăнланаççĕ, лайăх пахалăхпа кăна ĕçлеççĕ. Участокри партгруппăра ахальтен мар вĕсен авторитечĕ пысăк.

Г. Бычков фотоӳкерчĕкĕ.

## ИКĔ МИЛЛИОН ТЕНКĔЛĔХ

Н. ЧЕКУЛАЕВА,
Шупашкарти пир-авăр комбиначĕн генеральнăй директорĕн экономика енĕпе ĕçлекен заместителĕ

Кашни фабрикăра, участокра, бригадăра кăçалхи çĕнĕ задачăсене уçăмлă пĕлсе тăраççĕ. Çавăнпа 1990 çулхи малтанхи сменăсенчех пур

маллн план палăртса хатĕрленĕ чухне социаллă пурнăçпа культурăна 2000 çулччченхи тапхăрта аталантармалли программăсене пĕтемĕшпе пурнăçа кертме задача лартнă. Строительствăпа монтаж организацийĕсене подряд ĕçĕсен лимичĕсене тата ĕçе кертмелли хăватсен калăпăшне шута илсе подряд договорĕсем тумалли объектсемпе ĕçсен калăпăшне палăртса панă. Анчах строительствăпа монтаж организацийĕсенчен ... васкамасть-ха. Социаллă пысăк пĕлтерĕшлĕ нумай объектсем тĕлĕшпе подряд договорĕсем халиччченех туман. Кунта чи малтанах «Чувашстрой» территори строительство пĕрлешĕвĕ (начальникĕ Е. А. Тертышный), «Чебоксаргэсстрой» строительство управленийĕ (начальникĕ Н. Б. Михайлов), «Чувашагропромстрой» пĕрлешӳ (совет председателĕ Э. А. Аблякимов) пирки самах пырать. Социаллă пурнăçпа культурăна 1990 çулта аталантарма палăртнă программа пурнăça кĕмесĕр юлас хăрушлăх туxса тăче.

Планра подрядлă ĕçсен пысăкрах пайне вырăнти Советсем капитальнăй ĕçсем тума уйăракан укçапа тата предприятисем, пĕрлешӳсемпе организацисем пая кĕрсе уйăрса паракан укçапа пурнăçлама палăртнă.

1990 çулта «Чувашстрой» территори строительство пĕрлешĕвĕн подразделенийĕсен вырăнти Советсен шучĕпе çирĕплетнĕ лимитсем тăрăх 118,7 миллион тенкĕлĕх строительствăпа монтаж ĕçĕсем пурнăçламалла. Анчах та договорсем çĕнĕ çула куçакан объектсем тĕлĕшпе кăна 40,5 миллион тенкĕлĕх е 34 процент чухлĕ туна. «Чебоксаргэсстрой» строительство управленийĕ Атăл сыранне çирĕплетме 5,1 миллион тенкĕлĕх ĕçсем пурнăçлас пирки договор туман. Вырăнти Советсен укçа-тенкĕ уйăракан мĕнпур çăлкуçсем тĕлĕшпе палăртнă лимичĕсем тăрăх 1990 çулта 58,6 пин тăваткал метр чухлĕ пурăнмалли çуртсем туса ĕçе кĕртме палăртман, сывлăх объекчĕсенчен, халăха вĕрентес ĕçпе культура объекчĕсенчен чылайăшне туса лартас пирки договорсем туман.

Çакнашкал лару-тăру подряд ĕçĕсен 1990 çулхи лимичĕсене тĕрĕс палăртманнипе сыхăннă. Кунта пурлăхпа техника ресурсĕсем мĕн чухлĕ уйăрассине кăтартса паман, договор тăрăх йышăннă обязательствăсене пурнăçламаншăн подрядчиксен пурлăх тĕлĕшĕнчи ответлăхне чылай ӳстерме палăртман. Вĕçленмен строительствăн

... подряд организацийĕсен руководителĕсене, заказчиксене тата капитальнăй строительствăна хутшăнакан ытти вăйсене социаллă пурнăçпа культурăн материалпа техника никĕсне аталантармалли программăна пурнăçлас тĕлĕшпе подряд договорĕсем тăвас ĕçе сывăх вăхăтрах вĕçлеме хушнă.

Республикăри халĕ ĕçлекен кирпĕч заводĕсене реконструкцилеме тата Канашри çулталамра 60 миллион штук кирпĕч туса кăлармалли ... сем йышăнни пулин те, «Чувашстройматериалы» (генеральнăй директорĕ С. Д. Шипилевский) тата «Агропромстрой» (совет председателĕ Э. А. Аблякимов) пĕрлешӳсем 1990 çулта стена материалĕсем Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн XV сессийĕ çирĕплетнĕ заданисенче палăртнинчен сахалрах туса кăларма шутлаççĕ.

Министрсен Совечĕ «Чувашстройматериалы» тата «Агропромстрой» пĕрлешӳсен руководителĕсене строительство материалĕсем туса кăлармашкăн Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн сессийĕ çирĕплетнĕ плана тултарас тĕлĕшпе ĕç коллективĕсенче çĕнĕрен мерăсем палăртса пăхса тухма хушнă.

Ялхуçалăх продукцийĕ туса илмелли договорсем тăвас ĕç мĕнле пыни хытă шухăшлаттарать. Тĕштырă культурисем, çĕрулми, пахчаçимĕç туса илмелли, выльăх-чĕрлĕхпе кайăк-кĕшĕк çитĕнтермелли, сĕт, çăм туса илмелли договорсем тăвас ĕç вĕçленмен-ха.

«Чувашхлебопродукт» производство пĕрлешĕвĕ, Патăръел, Вăрнар, Красноармейски, Тăвай районĕсенчи хуçалăхсем тĕштырă хатĕрлес енĕпе договорсем тăвас ĕç ытла та начар пулса пырать.

Улма-çырлапа пахчаçимĕç туса илекен «Волжанка» производство пĕрлешĕвĕ контрактаци договорĕсене çĕрулми енĕпе — 92 процент, пахчаçимĕç енĕпе 88 процент пурнăçланă. Чăвашпотребсоюзăн хатĕрлев организацийĕсем контрактаци договорĕсем тăвас ĕçе çĕрулми енĕпе — 93 процент, пахчаçимĕç енĕпе 90 процент пурнăçланă. «Чувашмясопром», «Чувашмолпром» производство пĕрлешĕвĕсем Улатăр, Пăрачкав, Куславкка, Сĕнтĕрвăрри районĕсенчи хуçалăхсенче государствăна аш-какай тата сĕт сутас пирки договорсем тăвассин ытла та юлса пырать.

Çак лару-тăрăвăн сăлтавĕ — хăшпĕр районсен, хатĕрлев организацийĕсен, колхозсемпе совхозсен руководителĕсем ялхуçалăх чĕрчунĕсенчен продукци туса кăлара-

... ... тĕллевне организаторла ĕçе анлăн туса пымалла.

Потребительсен рынокĕнчи лару-тăрăва йĕркелесе ситерес, халăха таварсемпе тивĕçтерессине лайăхлатас, укçа-çаврăнăшне йĕркелесе ситерес тĕлĕшпе пĕр-перинпе çыхăнна кăткăс нумай задачăсене татса памалла. Çакна шута илсе, республика экономикине социаллă пурнăçне 1990 çулта аталантармалли планра пĕрлешӳсемпе предприятисене ... культурăпа кала ... тивĕçтермелли тата хуçалăхра усă курмалли таварсем туса кăларассине 37 процент ӳстерме палăртнă.

Анчах та промышленность предприятийĕсенчен хăшпĕрисем апат-çимĕçлĕх мар таварсем туса кăлармашкăн çӳллĕрех шайри министерствăсемпе ведомствăсем палăртса панă контроллĕ цифрăсенчен пĕчĕкрех плансем йышăннă. Сăмахран, Шупашкарти чăлхапа трикотаж фабрики (директорĕ Н. П. Сиверская) 1990 çулта халăха кирлĕ таварсем туса кăларма йышăннă планри кăтартусем контроллĕ цифрăсенчен 66,1 миллион тенкĕлĕх пĕчĕкрех. Чăваш республикинчи «Рассвет» çĕвĕ производство пĕрлешĕвĕ (генеральнăй директорĕ В. П. Юдин) — контроллĕ цифрăсенче палăртнинчен 26,9 миллион тенкĕлĕх, Шупашкарти приборсем туса кăларакан завод (директорĕ Г. А. Ильенко) — 7,6 миллион тенкĕлĕх, «Электроприбор» производство пĕрлешĕвĕ (генеральнăй директорĕ Л. В. Яковлев) 3 миллион тенкĕлĕх, Шупашкарти агрегат завочĕ (директорĕ О. А. Волков) 2 миллион тенкĕлĕх сахалрах продукци туса кăлармалли плансем йышăннă. Нумай предприятисен руководителĕсем чĕртавар тата материал ресурсĕсем çитмеççĕ, тесе сăлтав шырама пăхаççĕ. СССР Госснабĕн территори управленийĕ предприятисемпе пĕрлешӳсем йышăннă производство планĕсене шута илсе кăна ресурссем мĕн чухлĕ уйăрса парас пирки договорсем тума пултарать.

Пулса тăнă лару-тăрăва шута илсе, Чăваш АССР Министрсен Совечĕн президиумĕ Чăваш АССР Госпланне, республикăри Халăха кирлĕ таварсем туса кăларас тата вĕсене парса тăрас ыйтусемпе ĕçлекен комиссие, производство пĕрлешĕвĕсене тата предприятисене халăх валли апат-çимĕçлĕх мар таварсем 1990 çулшăн контроллĕ цифрăсенче палăртнă чухлĕ туса кăлармашкăн пусăнма, çавна май туса иртерне ĕçсем синчен черетлĕ ларура пĕлтерме хушнă.

*Суйлав умĕн*

# ХУТМАН ÇУРТА КАМ ПЫТĂР?

Çитес суйлавра Аслă Пала Тимеш ял Советне кĕрекен ялсенчен район Советне 12 депутат, ял Советне 45 депутат суйламалла. Кандидатсем тăратас тĕлĕшпе иртнĕ малтанхи пухусем суйлавра чăн-чăн кĕрешӳ пуласси çинчен калаççĕ. Мĕншĕн тесен чылайăшĕ суйлава альтернативлă кандидатсемпе кĕреççĕ.

Суйлав кампанийĕ ăнăçлă иртесси культурăла çутĕç учрежденийĕсем ăна мĕнле хатĕрленсе кĕтсе илнинчен нумай килет. Халĕ колхозри агитаторсене, тĕп специалистсемпе учительсене ял ĕçченĕсем хушшинче тăтăшах курма пулать. Вĕсем суйлав ыйтăвĕпе çыхăннă темăсемпе калаçусем ирттереççĕ.

— Суйлав тапхăренче агитаципе пропаганда ĕçне 80 агитаторпа политинформатор хутшăнаççĕ, — пĕлтерет парткомăн политвĕренӳ кабинечĕн заведующийĕ И. М. Трофимов. — Унсăр пуçне 8 агитпункт уçнă. Анлăнтару ĕçне анлăрах туса пырас тĕллевпе вырăнти радиовещани передачисене, унччченхи пек, икĕ хутчен мар, эрнере виççĕшер ирттерме тытăнтăмăр. Передачăсен пирвайхи ярăмĕсене йĕркелеме партком секретарĕ Л. Я. Григорьев, П. А. Казаков учитель-пенсионер, А. К. Николаевпа Н. П. Кудрявцев тата В. С. Эзрикова агитаторсем хутшăнчĕç.

Сăръел — тутар наци çыннисем ĕçлесе пурăнакан ял. Кунти Культура çуртĕ — ял çыннисем килĕштерекен вырăн. Ашă та тирпейлĕ, хăтлă кунта. Суйлавçăсем валли ятарлă кĕтес туна: унта СССРти суйлав системипе паллаштаракан Законсене виçе чĕлхепе вулама пулать. Асăннă ял хăш тата миçемĕш округа кĕнине пĕлтерекен плакатсем пур. Кунтах депутат пулма кандидата тăратнисен кĕске биографийĕсемпе паллашма пулать. Çак ырă ĕçсене йĕркелесе пыракансем — бригадăри партин пуçламăш организацийĕн секретарĕ А. М. Багаутдинов тата Культура çуртĕн директорĕ Х. М. Ахметзянова. Вĕсем тăрăшнипе Культура çуртĕнче тĕрлĕ мероприятисем ирттереççĕ. Ял çыннисем кунта Хусантан тутарла паракан радио тата телевидени передачисене итлеме е пăхма пултараççĕ. Пĕр сăмахпа, пушă вăхăта усăллă ирттерме, канма мĕнпур услови пур.

— Иртнĕ эрнере ялти суйлавçăсен каçне йĕркелерĕмĕр, — каласа парать Азат Маратович. — Тĕлпулăва колхоз руководителĕсене, КПСС райкомĕпе райсовет ĕçтавкомĕн ответлă работникĕсене те чĕнтĕмĕр. Вĕсем ял çыннисен ыйтăвĕсем çине тивĕçлĕ хурав пачĕç. КПСС Центральнăй Комитечĕн кăçалхи сентябрьте наци политики ыйтăвĕпе иртнĕ Пленумĕн решенийĕсене пурнăçласа, Сăръелте пурăнакансем наци ял Совече йĕркелес ыйтăва çивĕч лартаççĕ. Яла асфальтла çулпа çыхăнтарма 3—4 километр çул тумалла. Çак наказа Чăваш АССР халăх депутатне суйлама кандидата тăратнă колхоз председательне Н. П. Емильева пачĕç. Магазинра куллен кирлĕ таварсем çителĕксĕр. Райпо правленийĕ сахал пулăшать.

Энтепе ялĕнчи граждансем иртнĕ суйлавра çак ялтан суйланнă депутатсен ушкăнĕпе Культура çурчĕпе библиотека çуртне çĕнĕрен тума наказ панăччĕ. Пĕлтĕр Октябрь уявĕн кунĕсенче вăл хута кайрĕ. Тĕрлĕ мероприятисем час-часах ирттереççĕ кунта. Библиотека çумĕнче ялти çамрăксенчен йĕркеленĕ драма студийĕ ĕçлет. Апа А. А. Григорьева библиотекарь ертсе пырать. Енĕ фермăнче ĕçлекенсемпе агитаторсем РСФСР, Чăваш АССР тата вырăнти Советсен халăх депутачĕсен суйлавĕ çинчен ирттерне ыйтусемпе ответсен каçне ирттерне. Кивĕ Арланкассинчи, Кавалти культурăпа çутĕç учрежденийĕсем — ял çыннисен юратнă вырăнĕ.

Анчах Кушкăри Культура çурчĕ пирки çакна калаймăн. Кунта ĕçлекенсем хăйсен тивĕçне ытла та ӳрек-сӳрек тăваççĕ. Эпир пынă кун П. С. Зайцев директор çĕркаç çĕмĕрнĕ чӳрече кантăкĕсене лартатчĕ. Культура çурчĕпе ун таврашĕнче çитес суйлав хăçан иртнине пĕлтерекен, суйлава чĕнекен пĕр лозунгпа плакат та кураймарăмăр.

Шала кĕрсен, кăмăл пушшех хуçăлчĕ. Культура çуртне мар, тирпейсĕр «хупаха» зса илтерет вăл. Чӳрече каррисем çук, чаршавсем хуралса-вараланса пĕтнĕ. Çурт стенисем тĕл-тĕл шăтнă. Аçтан-ха кун пек çурта ял çыннисем, çамрăксем пыма кăмăл тучăр!

Декабрь уйăхĕн çуррийнчен пуçласа Культура çурчĕпе библиотекăна хутса ăшатмаççĕ. Котельнăйĕнчи электронасус юсавсăррине пула ăшатакан система юрăхсăра тухнă. П. С. Зайцев директорпа художество руководителĕ Е. С. Тарасова суйлав кампанине хутшăнса нимĕн те туман. Хăйсем ĕнентерне тăрăх, суйлав темипе механизаторсемпе, выльăх пăхакансемпе калаçусем ирттернĕ. Шел, вĕсем хăйсен округĕнчен Чăваш АССР халăх депутачĕ пулма кама кандидата тăратнине те калаймарĕç. Вырăнти Советсен халăх депутачĕсен кандидачĕсем çинчен те илтмен иккен.

Асăннă Культура çурчĕн ĕçĕ çинчен ноябрь вĕçĕнче ял Совечĕн ĕçтăвкомĕн ларăвĕнче сӳтсе явнă. Хытах сăмах тивнĕ иккĕшне те. Ялан хи пекех, вĕсем ĕçе лайăхлатма шантарса каланă. Унтанпа нимĕн те туман.

Çак çуртрах библиотека вырнаçнă. Унăн заведующийĕ А. А. Иванова пирĕ шала кĕрсе курма чĕнчĕ. Мăччаран юр-çумăр çăвать. Çавна май кĕнекесен пĕр пайĕ йĕпенсе юрăхсăра тухнă.

— Мĕн ĕçлени, ялан сивĕ. Ал-ура суракан пулчĕ. Хуть те ларса йĕр. Кĕнекесен хакне тӳлемелле тусан, уйăхри ĕç укçи те çитмест. Юсав ĕçĕсене пĕлтĕр ячĕшĕн çеç турĕç. Куратăр ĕнтĕ, укçине тăкакларĕç — усси пулмарĕ.

Йывăр шухăшпа тухса килтĕмĕр Кушкăри Культура çуртĕнчен. Унăн ĕçне çакăн пек юхăнтарнăшăн халлĕхе никама та ответ тыттарман. Колхозри партком, ял Совечĕн ĕçтăвкомĕ, районти культура пайĕ унта ĕçлекенсенчен çирĕп ыйтманни çинчен калать ку.

А. ЕМЕЛЬЯНОВ.
(Хамăр корр.).

Елчĕк районĕ.

# ОРБИТА ХЫПАРĔСЕМ

**ВĔÇЕВЕ ЙĔРКЕЛЕСЕ ТĂРАКАН ЦЕНТР, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС).** Орбитăри «Мир» наука-тĕпчев комплексĕн вĕçевĕ малалла пырать. Экипажăн паянхи ĕçĕн программинче техника тата технологи эксперименчĕсем, астрофизика тĕпчевĕсем ирттерме, усă космоса тухмашкăн кирлĕ оборудовани хатĕрлеме пăхнă.

Декабрĕн 26-мĕшĕнче «Галлар» установка çинче металл шăратма тытăннă, халĕ çак эксперимент вĕçленсе пырать. Унăн тĕллевĕ — микрогравитаци условийĕсенче пысăкрах характеристикăллă çурмапроводник материалне хатĕрлесси.

«Мария» магнитлă спектрометр пулăшнипе Çĕр сывăхĕнчи уçлăхра пысăк энергисен элементарлă частицисен юхăмне виçсе пăхас тĕлĕшпе черетлĕ сери ирттереççĕ.

Усă космос факторĕ тĕрлĕрен материалсене мĕнле витĕм кӳнине малалла тĕпчес тĕллевпе сăнавсем пурнăçлаççĕ. Çак тĕпчевсенче полимер тата композит материалĕсен тĕслĕхĕсемпе, çавăн пекех радиоэлектроника элеменчĕсемпе усă кураççĕ.

Телеметри информацийĕн даннăйĕсем тата орбитăран пĕлтернĕ тăрăх, пилот тытса пыракан «Мир» комплекс вĕçевĕ йĕркеллĕ пырать. Александр Викторенкăпа Александр Серебров космонавтсем хăйсене лайăх туяççĕ.




ТАСС КОРРЕСПОНДЕНЧĔСЕМ ПĔЛТЕРЕÇÇĔ

## Новгород

Боровичири сăнавлă ятарлă заводра туса кăларакан электронлă табло малашне сĕт-çу фермисенче ĕнесен ушкăнĕсем çеç мар, кашни ĕне мĕн чухлĕ сĕт панине те палăртма май парать. Çĕнĕ приборсем кашни ĕнепе уйрăммăн ĕçлеме, вĕсем мĕн чухлĕ сĕт антарнине кура тăрантарассине йĕркелеме пулăшаççĕ. Детальсен пĕр пайне завод коопераци йĕркипе илсе тăма тытăнать. Сăмах май, кăçал кооперации принципĕсемпе Вологда, Владимир, Ярославль тата Новгород облаçĕсен представителĕсем сĕтпроводсем кăларма палăртнă.

## Владимир

Владимир облаçĕнчи Гусь-Хрустальнăйри производствăпа техника кооперативĕн машинăсене техника тĕлĕшĕнчен пăхса тăракан станцийĕ облаçри колхозсемпе совхозсен пĕрремĕш «КамАЗĕсене» юсава йышăнма тытăннă. Ку станцие унччен «Сельхозтехника» никĕсĕ çинче йĕркеленĕ. Цехсенче чикĕ леш енче туса кăларнă 20 ытла çĕнĕ йышши диагноз аппаратурипе усă кураççĕ. Виçĕ сменăпа ĕçлесе, куллен тăватă автомобиль юсаççĕ. Куктах служба ĕçĕсемпе усă куракан çăмăл автомашинăсене техника тĕлĕшĕнчен пăхса тăракан станци ĕçлеме пуçланă, ăна чи çĕнĕ йышши диагноз оборудованийĕпе тивĕçтернĕ.

## Тула

Новомосковскри «Азот» пĕрлешÿ проходнойĕнче Югослави специалисчĕсем туса лартнă супермаркета курма пулать. Çакă вăл — кунта социаллă пурнăç программине пурнăçа кĕртсе пынин пĕр пайĕ кăна. Палăртнă программăна ăнăçлă реализацилеме пĕрлешÿ экономика тĕлĕшĕнчен çирĕп политика тытса пыни пулăшать. Эффективлăха ÿстерсе пырса, «Азот» коллективĕ хăйĕн продукцийĕ- [illegible] тухнă, йĕн ĕçченĕсем валли чикĕ леш енче пĕр миллион тенкĕлĕх таварсем туянма пултарать.

## Сыктывкар

Сыктывкарти кĕнеке издательстви 20 пин штук тиражпа кăларнă «Вырăсла-коми калаçу кĕнеки» те-

# УÇĂ ПУХУ — ДИСКУССИ

## ПАРТИ ПАЯН. УНĂН МĔНЛЕ ПУЛМАЛЛА?

# УЛШĂНУСЕМ КĔРТМЕ СĔНЕÇÇĔ

**Парторганизацисенчи отчетпа суйлав пухăвĕсенче тата парти авторитечĕ çинчен пыракан» дискуссисенче коммунистсем КПСС Уставне улшăнусем кĕртме чылай сĕнÿсем панă.**

«Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ совет халăхĕн кĕрешÿре тĕрĕсленнĕ хастар авангарчĕ пулса тăрать, — тенĕ КПСС XXVII съезчĕ çирĕплетнĕ парти Уставĕнче, — вăл ССР Союзĕнчи рабочи класăн, колхоз хресченĕн тата интеллигенцин малта пыракан, чи ăнлануллă пайне ирĕклĕ майпа пĕрлештерсе тăрать».

Тăваттăмĕш параграфра «рабочисене, хресченсене тата интеллигенци представителĕсене» тенине «СССР гражданĕсене» сăмахсемпе улăштармалла. Виçĕ çул хушши КПСС ретĕнче тăнă çын партие кĕме рекомендаци пама пултарать. Анчах пĕр çул хушшинче партие кĕрекенĕн политикăри, ĕçри тата мораль пахалăхĕсене пĕлсе çитме çук. Çавăнпа та КПСС Уставĕн тăваттăмĕш параграфĕн пунктне çапла çырса хумалла: «Парти членне кĕрекенсем КПСС виçĕ членĕн рекомендацине тăратса çырмалла: «Парти членне кĕрекенĕн партстажĕ партин пуçламăш организацийĕн членĕн кандидатне илесси çинчен решени йышăннă кунран пуçланать».

Вуниккĕмĕш параграфа çапла çырса хума сĕнеççĕ: «Парти членĕ Совет законĕсене пăснăшăн икĕ хут — государствăпа парти умĕнче ответ тытать. Уголовнăй йĕркепе айăпламалли ĕçсем тунă çынсене халăх сучĕн приговорĕ хыççăн КПСС ретĕнчен кăлараççĕ».

Вунтăваттăмĕш параграфра «Кандидат стажĕн срокĕ пă пĕрлештерсе тăрать». Республикăри парторганизацисенчи чылай коммунистсем çакна çапла улăштарма сĕнеççĕ: «Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ совет халăхĕн кĕрешÿре тĕрĕсленнĕ хастар авангарчĕ пулса тăрать, вăл унăн малта пыракан, чи ăнлануллă пайне ирĕклĕ майпа пĕрлештерсе тăрать». Уставăн иккĕмĕш пайĕнче «çĕршыв аталаннă социализм тапхăрне кĕчĕ» тенине кăларса пăрахмалла.

Пĕрремĕш параграфа çакăн пек пуçламалла: «Совет Союзĕн кирек хăш гражданинĕ те, вăл парти Программипе Уставне йышăнсан, вĕсене пурнăçлас ĕçе активлă хутшăнсан...» Малалла текстри пекех. Çак параграфа «Парти членĕ пĕр вăхăтрах мĕнле те пулин официаллă тата неформальнăй организацире тăма, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн организацие идейăпа политика принципĕсене хирĕç тухса калаçма пултараймасть» тесе хушса çырмалла.

Коммунистсем иккĕмĕш параграфра çакăн пек улшăнусем кĕртме сĕнеççĕ: в) «Çĕршывăн политика пурнăçне, государствăпа общество ĕçĕсене тытса тăма активлă хутшăнмалла, парти политикине тата парти органĕсен решенийĕсене пурнăçа кĕртсе пымалла...», — малалла текстри пекех: г) «Хăйĕн ĕçĕ тата хăйне мĕнле тытни çинчен сÿтсе явнă çĕре кашнинчех хутшăнма пултарать». Хальхи КПСС Уставĕнче коммунист хăйĕн персональнăй ĕçне пăхса тухнă чухне партбюро е партком ларăвĕсене, парти пухăвне хутшăнма пултарни çинчен каланă, анчах вăл сÿлерех парти ор-

таççĕ, вĕсем партире виçĕ çултан кая мар тăмалла, рекомендаци илекенсене пĕрлехи ĕçре тата общество ĕçĕнче пĕрле ĕçлесе икĕ çултан кая мар пĕлмелле». В пункта çапла çырмалла: «Малтан урăх çĕршывсенчи коммунистсен тата рабочисен партийĕн членĕнче тăнă СССР гражданĕсене Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине пĕтĕмĕшле йĕркепе илеççĕ».

Коммунистсем Уставри пĕрремĕш ăнлантарăва çапла çырма сĕнеççĕ: «ВЛКСМ членĕсене партие илнĕ чухне комсомолăн пуçламăш организацийĕ панă тата ăна ВЛКСМ район е хула комитечĕ çирĕплетнĕ рекомендаци партин пĕр членĕ панă рекомендаципе тан шутланать». Ку вăл комсомол организацийĕн ответлăхне тата хăйтĕлленлĕхне ÿстерме май парать.

Уставри тăваттăмĕш параграфри иккĕмĕш ăнлантарнине çĕнĕ редакцире кăларса пăрахма сĕнеççĕ. «КПСС Центральнăй Комитечĕн членĕсем тата унăн членĕн кандидачĕсем рекомендаци пама тытăнса тăраççĕ», — тенĕ унта. Парторганизацири коммунистсем пурте пĕр тан правăпа усă кураççĕ. Апла тăк, КПСС Центральнăй Комитечĕн членĕсем тата унăн членĕн кандидачĕсем парти ретне кĕме рекомендаци пама пултараççĕ.

Хăшпĕрисем Устава çĕнĕ параграфсем кĕртме сĕнеççĕ. Вĕсем çакăн пек: «КПСС членĕ хăй ирĕкĕпе парти ретĕнчен тухма пултарать, çакăн çинчен унăн партин пуçламăш организацине пĕлтермелле». «Пенсионер-коммунистсем партин пуçламăш организацийĕ...

çулталăк шутланать» сăмахсем хыççăн «Кирлĕ пулсан партин пуçламăш организацийĕн решенийĕпе кандидат стажĕн срокне тăсма пултараççĕ».

Çирĕм виççĕмĕш параграфа çапла улăштарма сĕнеççĕ: «Союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсенче, парти крайкомĕсенче, обкомĕсенче, окружкомĕсенче, хула комитечĕсенче тата райкомĕсенче КПСС Центральнăй Комитечĕпе килĕшÿллĕн хăйĕн парти аппарачĕн структурипе штачĕсене палăртаççĕ».

Çирĕм тăваттăмĕш параграфа çакăн пек çырса хумалла: «Парткомсен, партбюросен, парти райкомĕсен, хула комитечĕсен, окружкомсен, обкомсен, крайкомсен, союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсен тата КПСС Центральнăй Комитечĕсен секретарĕсене альтернативлă майпа суйламалла. Парти комитечĕсен бюро членĕсемпе секретарĕсене, КПСС Центральнăй Комитечĕсен Политбюровĕпе пĕрлех, çак должноçа умлă-хыçлăн икĕ хутчен ытла мар суйламалла. Коммунист икĕ суйлав органĕнчен ытла суйланма пултараймасть».

Çирĕм пиллĕкмĕш параграфăн пĕрремĕш абзацĕ хыççăн çакăн пек çырмалла: «Коммунистсем хăйсен ĕçне тивĕçлипе туса пыман тата хăйсене начар енчен кăтартнă çынсене суйлакан парти органĕсенчен чĕнсе илме, кирлĕ пулсан, пĕтĕм суйлакан орган составне тепĕр хут суйлама пултараççĕ».

Парти авторитечĕ çинчен пыракан дискуссисем вăхăтĕнче коммунистсем 31-мĕш ...

конференцине иртермелле, вăл партин Центральнăй Комитечĕн составне 20 процент чухлĕ улăштарма пултарать. Парти съездне делегатсем суйласа ямалли нормăсене Центральнăй Комитет палăртса тăрать».

Уставăн 33-мĕш параграфĕн Г пунктне çапла улăштарса çырма сĕнеççĕ: «Центральнăй Комитет тата Центральнăй Ревизи Комиссийĕ суйлать, унăн полномочине анлăлатать тата ăна Парти контроль комитечĕн функцине парать».

44-мĕш параграфри иккĕмĕш абзаца çапла редакцилемелле: «Отчетпа суйлав съезчĕсемпе конференцийĕсем хыççăн тепĕр ик-виçĕ çултан парти конференцийĕсене иртереççĕ, вĕсем парти органĕсен составне 20 процент таран çĕнетеççĕ».

48-мĕш параграфăн пĕрремĕш абзацĕнче «ик-виçĕ çул» сăмахсене «пилĕк çул» сăмахсемпе улăштармалла, малалла çапла çырмалла: «Отчетпа суйлав конференцийĕ хыççăн тепĕр ик-виçĕ çултан парти конференцийĕсене иртереççĕ, вĕсем 20 процент таран парти органĕсен составне çĕнетеççĕ».

51-мĕш параграфра çапла çырма сĕнеççĕ: «Округ, хула, район комитечĕн пленумне тăватă уйăхра пĕр хутран кая мар пухаççĕ». Пленумсен шутне чакарни вĕсене тĕплĕн хатĕрленсе иртерме май парĕ.

53-мĕш параграфăн иккĕмĕш абзацне çапла çырмалла: «Яланлăх тата вăхăтлăх парти групписем бригадăсенче тата участоксенче, халăх депутачĕсен Совечĕсенче, обществăлла организацисенче, вĕсенче парти членĕсем виçĕ çынран кая мар пулсан, йĕркелеççĕ. Ĕçе туса пыма çулталăклăх партгрупорг суйлаççĕ».

Çĕнĕ Уставри 54-мĕш параграфа çапла редакцилеме сĕннĕ: «Партин пуçламăш организацийĕн аслă органĕ — парти пухăвĕ, ăна икĕ уйăхра пĕр хутран кая мар иртереççĕ». Ун пек чухне йышăннă решенисен шутне чакарма, коммунистсене маларах йышăннă решенисене пурнăçлас ĕçе активлă хутшăнтарма май пулать.

55-мĕш параграфăн юлашки абзацне çапла улăштарса çырсан аван: «Производство спецификине тата вăл тĕрлĕ çĕрте вырнаçнине шута илсе, 100 е унран та ытларах шутланакан партин пуçламăш организацийĕсенче урăх ĕçрен хăтарнă парти работникĕсем тытмалла».

58-мĕш параграфăн Ж пунктне çапла хушса çырма сĕнеççĕ: «Коммунистсен харпăр хăй программине пăхса тухать тата суйлакан органсене, халăх депутачĕсене те шута илсе, хăйсен кандидатурисене тăратма ирĕк парать».

Республикăри коммунистсем КПСС Уставĕн 71-мĕш параграфне çапла хушса çырма сĕнеççĕ: «Партин пуçламăш организацийĕсен ыйтăвĕсене тивĕçтерме членсен 10 проценчĕ КПСС хула комитечĕсемпе райко-

# УРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕ

## Король мĕн тума пултарать?

Хĕвелтухăç Европăра пулса иртекен событисем хальхи вăхăтра пĕтĕм тĕнчене шухăшлаттараççĕ. Вĕсем монарх пулнă çынсене те, империсем, патшалăхсемпе королевствăсем йышăнма хапăнакан çынсене те шухăшлаттараççĕ. Румынире, Венгрире тата Болгарире пулса иртнĕ улшăнусем Хĕвеланăçĕн мĕнпур кĕтесĕсенче престолсемшĕн çунса пурăнакансене хăпартлантарса янă.

Абсолютистла влаçа хÿтĕлекенсен шухăшĕсене тимлĕ сăнаса тăракан Францире хаçатсем çырса пĕлтернĕ тăрăх, монархистсем хушшинче сĕнÿ паракансем чылай тупăннă. Сăмахран, вĕсем Румынири влаçа тахçан король пулнă Михай аллине пама, Болгарире Симеона патша туса хума сĕнеççĕ. Франс Пресс агентстви нумаях пулмасть пĕлтернĕ тăрăх, Венгрири монархистла ушкăнсем Австро-Венгрин юлашки суверенĕн ывăлĕ Отто Габсбург эрцгерцог Венгри Республикин президенчĕ пулма пултарать, тесе шутлаççĕ.

Çав наследниксем вуншар çул хушши ссылкăра пурăнса иртернĕ. О. Габсбург 1979 çултан пуçласа паянхи кунччен — Европа парламенчĕн Федерациллĕ Германи Республикинчен суйланă депутачĕ. Нумаях пулмасть вăл хăйĕн тăван çĕршывне пырса кайнă. Эрцгерцог «Венгри президентне суйланмашкăн килĕшме шутламастăп», тесе пĕлтернĕ пулин те, «малашне, тен, хамăн шухăша улăштарма та пултарăп», тесе асăрхаттарса хăварнă.

Румыни монархĕ пулнă Михай çулĕпе чылай ватăрах. Вăл иккĕмĕш тĕнче вăрçи хыççăн влаçсăр тăрса юлнă. Политикăллă пурнăçа активлă хутшăнмасть ĕнтĕ. Апла пулин те, шурă ут çине утланса каялла таврăнма хирĕç мар курăнать. Нимĕçсен Гогенцоллернсен династийĕнчен тухнă Михай экс-король хальхи вăхăтра Швейцарире пурăнать. «Халăх ирĕк парас пулсан, эпĕ паянах Бухареста таврăнса влаçа хам алла илме хатĕр», — тенĕ вăл.

Болгари престолне хапăнакан 52 çулхи II. Симеон ытарлă калаçма юратать. Вăл «çав тери йывăр лару-тăрăва кĕрсе ÿкнĕ Болгарие пулăшма хатĕр» имĕш. Унăн шухăшĕпе, абсолютизм влаçне каялла таврăни Болгаришĕн усăллă пулнă пулĕччĕ имĕш. Вăл 1943 çулта хăйĕн ашшĕ III Борис вилнĕ хыççăн ултă çултах патша пулса тăнă. Анчах виçĕ çултанах ссылкăна лекнĕ: малтан Египетра, кайран Испанире пурăннă. Халĕ те çавăнтах. Нумай вăхăт хушши вăл культура ĕçĕпе пурăннă, болгарсем хушшинче çынна пулăшас енĕпе ĕçленĕ. Юлашки уйăхсенче вара Болгарири оппозици представителĕсемпе тата хальхи влаçсемпе активлă çыхăну тытма пуçланă. Хăйсен тăван çĕршывне ĕлĕкхи ятпа таврăнма ĕмĕтленекен патшасемшĕн парламентлă монархи — Испани тĕслĕх пулса тăрать. Болгари наследникĕ — ытла та вăр-вар çын. Вăл çичĕ чĕлхе пĕлет. Болгарире Испани варианчĕпе усă курма май пуррине çирĕп шанать. Болгарсем хăйсем кăмăл тăвас пулсан, вăл паян тесен паян Болгарие таврăнма хатĕр.

Иртнĕ вăхăтра влаçпа хуçаланнисен, наследниксен портречĕсем тата вĕсем пĕлтернисем Францири хаçат-журналсенче юлашки вăхăтра час-часах пичетленсе тухма тытăннă. Çав çынсем хăйсен ĕмĕчĕсене пурнăçа кĕртме май пуррине çирĕп шанаççĕ. Венгрири политикăллă партисенчен хăшпĕрисем, уйрăммăн илсен, никама пăхăнман вак хуçасен партийĕ, Отто эрцгерцога президента суйламашкăн кандидата тăратас тĕлĕшпе пуçару тунă. Вĕсен шухăшĕпе, Отто эрцгерцог çĕршыври вăйсене çураçтарма пултарать.

А. КРИВЫХ, ТАСС корр.

Париж.

## Шăнса вилнĕ

МЕХИКО, декабрĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Çак кунсенче Гватемалăра 51 çын шăнса вилнĕ. Нацин метеорологи институчĕ пĕлтернĕ тăрăх, Центрти Америкăри çак çĕршывра Çурçĕртен сивĕ сывлăш пырса кĕнине пула çанталăк тăрук сивĕтсе пăрахнă.



## Грипп анлă сарăлнă

ПАРИЖ, декабрĕн 25-мĕшĕ (ТАСС). Францире грипп анлă сарăлса пырать. Ăна «Шанхăй» ят панă. Парижри хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, çак кунсенче чир Франци столицине тата ун таврашĕнчи районсене çитнĕ — пиншер çын чирлесе ÿкнĕ. «Журналь дю диманш» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, врачсем кăçалхи вирус пĕлтĕрхинчен чылай хăрушăрах тесе шутлаççĕ. Чирлекенсем ачасемпе çамрăксем хушшинче уйрăмах йышлă. Хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Франци столицинчи хăшпĕр предприятисенче грипа пула рабочисен 40 проценчĕ таран ĕçлемест.

## Ракетăсенчен персе

КАБУЛ (ТАСС). Афганистан...

грамминe пурнăçа кĕртсе пынин пĕр пайĕ кăна. Палăртнă программăна ăнăçлă реализацилеме пĕрлешÿ экономика тĕлĕшĕнчен çирĕп политика тытса пыни пулăшать. Эффективлăха ÿстерсе пырса, «Азот» коллективĕ хăйĕн продукцийĕпе тĕнчери рынока тухнă, çавна май предприяти кăçал ĕçченĕсем валли чикĕ леш енче пĕр миллион тенкĕлĕх таварсем туянма пултарать.

## Сыктывкар

Сыктывкарти кĕнеке издательстви 20 пин штук тиражпа кăларнă «Вырăсла-комилле калаçу кĕнеки» темиçе кун хушшинчех сутăнса пĕтнĕ. Çакна автономиллĕ республикăра пурăнакансем тĕп халăхăн культурипе тата чĕлхипе ытларах интересленнипе ăнлантарса пама пулать. Коми чĕлхипе калаçма вĕренес текенсем валли вырăнти хаçатсенче, радиопа телевиденире ятарласа уроксем ирттереççĕ, хăшпĕр шкулсенче, ача сачĕсенче автономи республикин чĕлхипе вĕрентме тытăннă. Халĕ Коми кĕнеке издательствинче коми чĕлхине хăй тĕллĕн вĕренмелли кĕнеке кăлараççĕ.

## Ленинград

Чăн-чăн халăх влаçне пурнăçа кĕртсе пымашкăн, суйлавçăсен прависемпе интересĕсене хÿтĕлемешкĕн пулăшмалла — çакăн пек тĕллев лартнă Ленинградри суйлавçăсен ассоциацийĕ. Обществăлла çак çĕнĕ организаци халĕ пин çынна ытла пĕрлештерсе тăрать. Хулари виçĕ районта йышăну пÿлĕмĕсем йĕркеленĕ. Унта ассоциаци активисчĕсем суйлавçăсене йышăнаççĕ, сĕнÿсемпе критикăлла асăрхаттарусене шута илеççĕ, вĕсемпе кайран депутатсене паллаштараççĕ. Енчен те вăл е ку ыйтăва район шайĕнче татса пама май килеймесен, ассоциаци çÿлерех тăракан Советран пулăшу ыйтать. Депутатсене пулăшу панипе пĕрлех, ассоциаци вĕсен ĕçне те контроллесе тăрать. Законпа килĕшÿллĕн, вăл хăйĕн тивĕçĕсене кирлĕ пек пурнăçлайман депутатсене каялла чĕнсе илесси çинчен сĕнÿ тăратма та пултарать.

## Дусти

Таджикистанри Кумсангир районĕнчи Ленин ячĕпе хисепленекен колхозри выльăх-чĕрлĕх пăхакансем сиплевпе сывлăх процедурисен комплексне ĕç вырăнĕпе юнашарах йышăнма пултараççĕ. Сĕт-çу комплексĕ çумĕнче профилактори уçăлнă. Ăна тума хуçалăх хăй бюджетĕнчен тата колхозри профком касси укçа-тенкĕ уйăрнă.

ла.

Коммунистсем иккĕмĕш параграфра çакăн пек улшăнусем кĕртме сĕнеççĕ: в) «Çĕршывăн политика пурнăçне, государствăпа общество ĕçĕсене тытса тăма активлă хутшăнмалла, парти политикине тата парти органĕсен решенийĕсене пурнăçа кĕртсе пымалла». Малалла текстри пекех; г) «Хăйĕн ĕçĕ тата хăйне мĕнле тытни çинчен сÿтсе явнă çĕре кашнинчех хутшăнма пултарать». Хальхи КПСС Уставĕнче коммунист хăйĕн персональнăй ĕçне пăхса тухнă чухне партбюро е партком ларăвĕсене, парти пухăвне хутшăнма пултарни çинчен каланă, анчах вăл çÿлерех парти органĕсенче, КПСС Центральнăй Комитечĕ таранах, хăйĕн интересĕсене хÿтĕлеме пултарнине палăртман.

Центральнăй Комитечĕн членĕсем тата унăн членĕн кандидачĕсем рекомендаци пама тытăнса тăраççĕ», — тенĕ унта. Парторганизацири коммунистсем пурте пĕр тан правăпа усă кураççĕ. Апла тăк, КПСС Центральнăй Комитечĕн членĕсем тата унăн членĕн кандидачĕсем парти ретне кĕме рекомендаци пама пултараççĕ.

Хăшпĕрисем Устава çĕнĕ параграфсем кĕртме сĕнеççĕ. Вĕсем çакăн пек: «КПСС членĕ хăй ирĕкĕпе парти ретĕнчен тухма пултарать. Çакăн çинчен унăн партин пуçламăш организацине пĕлтермелле». «Пенсионер-коммунистсем партин пуçламăш организацийĕ ирĕк панипе парти пухăвĕсене ирĕклĕн çÿреме тата член укçине ирĕклĕн тÿлеме пултараççĕ».

Ултăмĕш параграфа çапла ... Центральнăй Комитечĕсен Политбюровĕпе пĕрлех, çак должноçа умлă-хыçлăн икĕ хутчен ытла мар суйламалла. Коммунист икĕ суйлав органĕнчен ытла суйланма пултараймасть».

Çирĕм пиллĕкмĕш параграфăн пĕрремĕш абзацĕ хыççăн çакăн пек çырмалла: «Коммунистсем хăйсене ĕçне тивĕçлипе туса пыман тата хăйсене начар енчен кăтартнă çынсене суйлакан парти органĕсенчен чĕнсе илме, кирлĕ пулсан, пĕтĕм суйлакан орган составне тепĕр хут суйлама пултараççĕ».

Парти авторитечĕ çинчен пыракан дискуссисем вăхăтĕнче коммунистсем 31-мĕш параграфăн иккĕмĕш абзацне çапла улăштарма сĕннĕ: «Партин черетлĕ съезчĕ хыççăн тепĕр ик-виçĕ çултан партин Пĕтĕм Союзри ... организацийĕсенче урăх ĕçрен хăтарнă парти работникĕсем тытмалла».

58-мĕш параграфăн Ж пунктне çапла хушса çырма сĕнеççĕ: «Коммунистсен харпăр хăй программине пăхса тухать тата суйлакан органсене, халăх депутачĕсен Советне члена, хăйĕн кандидатурисене тăратма ирĕк парать».

Республикăри коммунистсем КПСС Уставĕн 71-мĕш параграфне çапла хушса çырма сĕнеççĕ: «Партин пуçламăш организацийĕсен ыйтăвĕсене тивĕçтерме член укçин 10 процентне КПСС хула комитечĕсемпе райкомĕсен аллине юлать».

З. СУЛАГАЕВ,
КПСС обкомĕн сектор заведующийĕ.

# ХАЛĂХ ХИСЕПĔ КИРЛĔ

Хальхи вăхăтра пурнăç чылай кăткăсланчĕ. Колхоз экономики те тĕрекленмелле пек ĕнтĕ. Анчах малалла утни курăнсах каймасть. Чи малтан, коммунистсен кĕрешÿри пултарулăхĕ курăнмасть. Парти членĕсем ĕçри тата пурнăçри ситменлĕхсемпе килĕшсе пурăнаççĕ.

Коммунист-руководительсем хушшинче хăйсене мăнна хуракансем, ватăсене хисеплеменнисем пур. Колхозра е ялта кăна мар, район центрĕнче те çаплах. Çамрăксемшĕн вĕсем ырă тĕслĕх пулса тăраймаççĕ.

Халăхпа ĕçлесси вăйсăрланни те хытă сисĕнет. Культура çуртĕнче, хĕрлĕ кĕтессенче лекцисемпе докладсем, ыйтусемпе ответсен каçĕсем пулмаççĕ. Ялти интеллигенци идеологи ĕçĕнчен сивĕнсе пырать. Темиçе çул каялла учительсемпе культура работникĕсем парти бюровĕн тĕп тĕрекĕ пулнăччĕ.

Вăтăр çичĕ çул хушши партире тăнă май, мана хăшпĕрисем коммунистсем çинчен ырă мар каласни чĕререн пăшăрхантарать. Парти авторитечĕ ÿстĕр тесен, унта тасату кирлех. Чăн-чăн çынсем çеç пысăк авторитет çĕнсе илме пултараççĕ. Партире халăх хисеплемен çынсем кирлĕ мар.

Н. МАЛЪЕВ,
1952 çултанпа КПСС членĕ, Шăмăршă районĕнчи «За коммунизм» колхозри ĕç ветеранĕ.

КНР. Сямэнь ятарлă экономика зонинче электроника промышленноçĕ чи хăвăрт аталанакан отраслĕсенчен пĕри. Кунта Китайри пĕтĕм продукцин виççĕмĕш пайне кăлараççĕ.

Пилĕк çул каялла кунта вунна яхăн пĕчĕк предприяти ĕçлеме тытăннă, вĕсенче комплектламалли детальсем кăларнă. Халĕ Сямэньре хутăш компанисене кĕрекен 60 ытла фабрикăпа завод. Вĕсем халăха кирлĕ таварсем, контрольпе виçев приборĕсем, электроника кăлараççĕ. Çак предприятисем вырăнти Советсемпе район тата уезд Совечĕсене пăхăнса тăраççĕ.

● Сямэньри электроника промышленноçĕн центрĕн çурчĕ.
Синьхуа — ТАСС фотоÿкерчĕкĕ.

... пишер çын чирлесе ÿкнĕ, «Журналь дю диманш» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, врачсем кăçалхи вирус пĕлтĕрхинчен чылай хăрушăрах тесе шутлаççĕ. Чирлекенсем ачасемпе çамрăксем хушшинче уйрăмах йышлă. Хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Франци столицинчи хăшпĕр предприятисенче грипа пула рабочисен 40 процентĕ таран ĕçлемест.

## Ракетăсенчен персе

КАБУЛ. (ТАСС). Афганистанри пăлхавçăсен ушкăнĕсем çĕршыв столицине пĕр харăсах виçĕ енчен ракетăсенчен хăватлăн персе тăнă. Хула урамĕсемпе пурăнмалли кварталĕсенче 30 реактивлă снаряд çурăлнă. Сакăр çын, çав шутра тăватă ача вилнĕ, ултташĕ аманнă. Афганистан çарĕн частĕсем пăлхавçăсем ракетăсенчен персе тăнă районсем — Пагман, Шакардара уесĕсемпе Кухисафи районĕ çине ракетăсенчен персе ответленĕ. Бахтар агентстви даннăйĕсем тăрăх, çавна май хĕрĕх ытла бандита вĕлернĕ тата амантнă.

*Шухăшлаттаракан, хумхантаракан ыйту*

# Кам хăмла татĕ малашне?

ÇĔÇИ хĕрсех пынă вăхăтра манăн Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Лапри Чăрăшкасси ялĕнче пулма тÿр килчĕ. Куял А. Г. Николаев космонавт ячĕпе хисепленекен колхоза кĕрет. Нимĕн те калаймăн — илемлĕ вырăн шыраса тупнă ăна пуçарса яракансем — çывăхрах Савал улăхĕ, çаранĕсем. Ялне кĕрсен те, кăмăл çĕкленмелле: эрешлесе тунă пÿрт-суртсене лăпсăркка йăмрасем сыхланăн туйăнаççĕ, унта та кунта пилеш йывăççисем куçа йăмăхтараççĕ.

Лапри Чăрăшкасси хăмла пахчисемпе пуян. Вĕсем çынсен пахчисем хыçĕнченех пуçланаççĕ. Çакăнтах — хăмла йышăнакан пункт, Унтах Чехословакире туса кăларнă хăмла пуçтармалли комбайн, сушилка. Ун чухне шăп хăмла татмалли вăхăтчĕ. Эпĕ хăмлаçăсем патне васкарăм.

— Мĕнле чăтса ларан ку вăхăтра килте? — ыйтать манран Агафья Осиповна Карпова. — Хăмла татасси — савăнăç. Мĕн ĕлĕкрен хисепленĕ пирĕн таврара ку ĕçе. Ватти-вĕтти пурте тухнă хăмла пахчине.

Анчах вăхăт пĕр вырăнта тăмасть. Халь, ĕлĕкхи пек, пĕтĕм ял тухмасть хăмла татма. Ытларах — ваттисем хăмла çинче. Агафья Осиповна, акă, 78 çулта. Ĕçлессе вара çав-çавах вăр-вар, ыттисенчен, çамрăкраххисенчен, нимĕн чухлĕ те юлмасть. Киленче пĕччен пурăнать пулсан та, хурсем, виçĕ сурăх усрать, сысна самăртать.

— Манăн 32 мăнук, кашнинех кучченеç кĕтет, — тет Агафья Осиповна.

Халиччен вăл ĕне те усранă, пĕлтĕр кăна колхоза леçсе панă-ха. Анланма пулать ăна, выльăх апачĕ тупма йывăрланнă, пăхма та çăмăл мар.

Ытти хăмлаçăсемпе те каласса илтĕм. Марфа Ивановна Куприянова çитмĕлте. Аслă Отечественнăй вăрçăра пулнă. Кĕрешÿре те, ĕçре те паттăрлăх кăтартнăшăн нумай награда илнĕ. Халĕ те ĕçлет. Анна Николаевна Николаева 65 çулта, Анна Ильинична Терентьева та 60 урлă каçнă. Чи çамрăкки те — Римма Николаевна — 45-ре.

Çак çĕр ĕçченĕсене çĕре çитиччен пуç таяс килчĕ манăн. Пĕтĕм ĕмĕрне вĕсем колхозра ĕçлесе ирттернĕ, мĕн пур йывăрлăхсене тÿснĕ, тăван çĕр-аннемĕре пăрахман, ăна хулари ăшă хваттерпе улăштарман. Анчах ку хĕрарăмсемпе каласнă хыççăн ман пуçран пĕр вĕçĕмсĕр шухăш тухма пĕлмест: ыран кам улăштарĕ-ха вĕсене.

— Шутлама та хăратăп ĕнтĕ ун çинчен, — тет комплекслă бригада бригадирĕ Венера Осиповна Демидова. Хăй те вăл ветеран, бригадирта вунçичĕ çул ĕçлет. — Хула çумрах вĕт. Çамрăксем пурте унта чупаççĕ. Нимпе тытса чарма май çук.

КОЛХОЗ хăмла плантацийĕн лаптăкне тата ултă гектар ÿстерет. Кунтах сăра за- та, ĕçлесшĕн мар. Сăлтавĕ мĕнре-ха? Вăл — куç умĕнчех. Ĕç кунта йывăр, пĕтĕмпех алă вĕççĕн тумалла. Анчах çамрăксене ĕç çеç хăратмасть-ха. Вĕсем ачаран ĕçе хăнăхнă. Хĕрсене сезонлăх ĕç хăратать. Колхозра хĕлле ĕç çук-çке. Хĕллехи вăрăм каçсенче вăхăта мĕнле ирттермелле?

Çак пăтăрмахран мĕнле хăтăлмалла-ха?

— Хăмла пахчинчи ĕççене механизацилемелле, — тет «Звезда» совхоз директорĕ Сергей Георгиевич Григорьев. — Намăс та калама: çĕршывра хăмла плантацийĕнче ĕçлемелли агрегат кăларакан пĕр завод та çук. Çавăн пек завод Улатăрта тума пуçланăччĕ, анчах хуппа лартрĕç. Шăп çав вăхăтра ĕçке хирĕç кĕрешме хушакан Указ тухрĕ. Сăра, чăвашăн ĕлĕк-авалран пыракан сăри, алкоголь шутне кĕчĕ. Ку çеç те мар. Çÿлтен хăмла пахчитери кăмăл хуçăлчĕ унта манăн: вĕсен хăмла пахчисенче пĕтĕм ĕçе механизациленĕ. Сăмахран, 60 гектар çинче саралса выртакан плантацире мотор сасси çеç илтĕнсе тăчĕ. Чехословаки ют çĕршыва хăмла нумай сутать, çав шутра Латинла Америкăна та. Миллионшар тенкĕ тупăш илет. Салхуллă таврантăм эпĕ чикĕ леш енчен. Мĕншĕн ĕçлеме пĕлместпĕр-ха эпир кирлĕ пек? Мĕншĕн алăпа çеç ĕçлеме пултаратпăр? Хăçан пирĕн плантацисене механизмсем килĕç?

ПИРĔН республика Российă Федерацийĕнче туса илекен хăмлан 75 процентне парать. Çакăн пĕрре-виççĕмĕш пайне Сĕнтĕрвăрри районĕнчи хуçалăхсем туса илеççĕ. Пĕлтĕр район 860 тонна пухса илнĕ. (План 710 тонна). Çав шутран 100 тонна ытла уйрăм хуçалăхсем сутаççĕ. Районта чăн-чăн хăмла ăстисем пурăнаççĕ. Вĕсен ăсталăхĕ ăруран ăрăва куçса пырать. Акă, Вăрман Пилемĕчре пурăнакан Федор Иванов кашни çулах 400 килограмм типĕ хăмла сутать, тăватă пин тенкĕ ытла тупăш илет. Пахчара ĕçлемелли «Муравей» трактор ăсталанă.

«Звезда» совхозри Людмила Суркина ертсе пыракан бригада хăшпĕр çулсенче гектартан 29 центнер таран хăмла туса илет. «Эльбарусовский» совхозри Юрий Захаров, «Восток» совхозри Иван Федоров бригадирсем те пысăк тухăç илеççĕ.

Анчах çак тухăç, палăртрăм ĕнтĕ, çăмăлпа пулмасть. Хальхи вăхăтра 666 гектартан 500-шĕ тухăç параççĕ. Сортсене çĕнетес ĕç пырать. Çывăх вăхăтра Болгарире туса илме пуçланă пин тĕп çĕнĕ лутра хăмла илсе килме шутлаççĕ. Анчах мĕнле пулĕ вăл? Пирĕн тăрăхра хăмла мĕн чухлĕ çÿлерех ÿсет, çавăн чухлĕ лайăхрах. 98—108 кун хушшинче ĕлкĕрет. Шел пулин те, хăмла çинчен пĕлтерекен наука япăх аталаннă. Чăваш ял хуçалăх институтĕнче хăмлаçăсем хатĕрлекен специалистсем те çук, пулас агрономсем вара хăмлапа зачет çеç параççĕ. Çав вăхăтрах республикăра ăста специалистсем пур пирĕн. Сăмахран, А. Д. Ефимов, А. С. Якимов.

Тепĕр енчен, миçе кантур улшăнмарĕ пулĕ Шупашкарта юлашки çулсенче? Халĕ çĕнĕ кантур — «Чувашхмель» — хуçалăхсен пĕрлехи кооперативлă производство пĕрлешĕвĕ йĕркеленет тессĕ.

Сапансене хăçан лартмаллине, хăçан удобрени сапмаллине, хăш вăхăтра хăмла татмаллине кăтартакан кантур кирлĕ мар хăмлаçăсене. Механизаци ыйтăвне, çĕнĕ сортсем ĕрчетессине вăл хăй çине илсен, лайăх пулмалла.

— Ман шутпа, хăмла татакан машинăна Шупашкарти предприятисем туса кăларма пултараççĕ, — тет «Октябрьский» хăмла пункчĕн директорĕ Петр Миронович Димитриев — Вăл çав тери кăткăс та мар. Ăна кооператив йĕркипе те туса кăларма пулать. Анчах халех тытăнмалла.

РЕСПУБЛИКА хуçалăх расчечĕ çине куçсан, мĕн сутма пултарĕ-ха? Трактор завочĕ, ГЭС, «Химпром» пек пысăк предприятисем туса, республикăра çăмăл промышленноçпа продукци тирпейлекен предприятисем çинчен вуçех шутламарĕç. Хăмла хаклă культура. Унран сăра çеç тумаççĕ-çке. Польшăпа Чехословакире хăмларан шампунь, çĕпре, эмелсем хатĕрлеççĕ.

— Çапла, хăмла — пирĕн çăлăнăç, — тет халăх депутачĕсен Сĕнтĕрвăрри районĕн ĕç тăвкомĕн председателĕ В. Д. Кулигин: пирĕн представительсем ФРГри фирмăпа калаçусем ирттереççĕ. Вĕсем пирĕн совхозсене аш-какай, сĕт продукчĕсене тирпейлемелли предприяти туса параççĕ. Эпир вĕсене вара хăмла сутăпăр.

Пирĕн хăмлан пахалăхĕ нимĕçсен е чехсен хăмлинчен нимĕн чухлĕ те кая мар, анчах ăна тирпейлемелли технологи япăх. Чехсем хăйсен хăмлине Японие сутаççĕ, пирĕн хăмла вара экспорта каймасть, мĕншĕн тесен чĕркемелли япаласем çитмеççĕ. Кĕскен каласан, тавара кăларма пĕлместпĕр.

— Пирĕн хуçалăхсем хальхи вăхăтра чехсен комбайнĕсемпе тата сушилкисемпе усă кураççĕ. Анчах вĕсем кивелсе çитнĕ, çĕннисене те, киввисем валли запас пайсем те пире памаççĕ. Тепĕр ик-виçĕ — пилĕк çултан мĕн тăвăпăр? Комбайнсем ĕçлеме пăрахĕç. Кам пухса тирпейлĕ хăмлана? — тарăхнине пĕлтерет райĕçтăвком председателĕ.

Çапла, хăмла туса илме пулăшакан техникăна хамăрăн туса кăларма тытăнас пулать. Пирĕн хăмла çĕршывăн пур кĕтесне те, Мурманскран пуçласа Сахалина çитиччен саланать. Ăна вунпилĕк сăра завочĕ илсе тăраççĕ.

— Пирĕн патра чи пысăк пахалăхлă сăра хатĕрлеме пулать, — тет Шупашкарти сăра заводĕнчи Л. А. Троицкая сăра тăвакан. — Анчах хамăр майсемпе усă кураймастпăр-ха. Экспорт валли туса кăларма оборудовани те, тара та çук.

Хăмла, чăнах та, çĕршыва та питĕ нумай кирлĕ. Ăна пурте ыйтаççĕ. Анчах паянхи кунпа çеç пурăнмалла мар-çке. Чикĕ леш енне мĕнле тухмалли çинчен халех шутлас пулать.

Кам ĕçлĕ хăмла çинче ыран? Шухăша ярать çакă. Хăшпĕр çĕрте хăмла плантацисем сумкурăкпа витĕнме пуçларĕç. Хăмлана çăлса хăварас тесен, халех сивĕч мерăсем йышăнмалла. Унсăрăн ытла та кая юлăпăр.

Л. ЛЕОНТЬЕВ.

*Вулакансен ҫырӑвӗсем тӑрӑх*

# АВТОБУС КИЛМЕРӖ...

ТӲРЕХ калӑпӑр, пирӗн республикӑра, ытти ҫӗртипе танлаштарсан, ҫул ҫӳреме чылай меллӗрех. Чугун ҫул, юханшыв тата сывлӑш транспорчӗн предприятийӗсем пассажирсем илсе ҫӳрессине ӳстерсех пыраҫҫӗ. Ҫапах та ӗҫсыннисем уйрӑмах анлӑн усӑ куракан пассажир транспорчӗ — автобус. Район центрӗсене кӑна мар, колхозсемпе совхозсен тӗп усадьбисене, уйрӑм ялсене те шанчӑклӑ ҫулпа ҫыхӑнтарнӑ май, вырӑнти тата хуласем хушшинчи автобус маршручӗсем хушӑнсах пыраҫҫӗ. Апла пулин те, «Чувашавтотранс» пӗрлешӗвӗн пассажирсем илсе ҫӳрекен предприятийӗсем халӑх ыйтӑвне туллин тивӗҫтераҫҫӗ теме ҫук-ха. Январь-ноябрь уйӑхӗсенче акӑ, пассажирсем илсе ҫӳренипе тупӑш илмелли плана 98,8 процент кӑна тултарнӑ. Ӗҫ пахалӑхӗ, культура кирлӗ шайра мар. Ӑнсӑртран мар ӗнтӗ сӳйлав умӗнхи пухусенче автобуссен маршручӗсенче ҫирӗп йӗрке туса хурас енӗпе сӗнӳсемпе асӑрхаттарусем нумай пураҫҫӗ. Ялансхи пекех, ҫак ҫивӗч ыйтупа «Коммунизм ялавӗ» хаҫата нумай ҫыру килет.

Лайӑх ҫул тунӑ хыҫҫӑн яла автобус ҫӳреме тытӑнни савӑнтарать. «Сахал мар тертленнӗ Хӗрлӗ Октябрь поселокӗнче пурӑнакансем йӗпесапаллӑ ҫулпа ҫӳресе. Чӗркуҫҫи таран лапраллӑ ҫулпа утнӑ. Халӗ ку инкекрен хӑтӑлтӑмӑр, асфальт ҫул хывӑрӗҫ, — пӗлтерет Ҫӗмӗрле районӗнчен Г. Логинов. — Кунне икӗ хутчен автобус килсе каять. Ҫаканшӑн пурте чӗререн тав тӑваҫҫӗ. «Муркаш районӗнчи Анчарта пурӑнакан ӗҫ ветеранӗ А. Анисова Шупашкар—Тренкасси маршрутпа ҫӳрекен автобус водителӗсем сынсемшӗн чунтан тӑрӑшнине палӑртать.

Йӗпреҫри пирӗн общественла корреспондент Н. Павлов ҫырӑвне вулар-ха: «Тӑван яла, Элӗк районӗнчи Мӑн Вылӑна, кайса килмелле пулчӗ. Вӑрнар автовокзалӗнче, вӑрҫӑ инваличӗн удостоверенине кӑтартса, Элӗке каякан автобус ҫине билет пама ыйтрӑм. Кассир манран 90 пус илчӗ те билет тыттарчӗ. Анчах билечӗ Шупашкаралла каймалли иккен. Ҫитменнине хакӗ те 40 пус пысӑкрах. Ку тимсӗрлӗх мар-и?»

Патӑръел районӗнчи Сӑкӑт ялӗнче пурӑнакансем ыйтнипе редакцие ӗҫпе вӑрҫӑ ветеранӗ П. Воробьев учитель ҫапла ҫырса янӑ: «Эпир пулӑшу ыйтатпӑр. Ӗҫӗ акӑ мӗнре. Яла Патӑръелӗнчен автобус ҫӳретмелле тунӑччӗ. Ӑна валли ял варринче ятарласа вырӑн хатӗрлерӗмӗр. Апла пулин те, ял хушшине кӗрсе чӗрманасшӑн мар водительсем, ял хӗррине кӑна ҫитеретчӗҫ. Юлашкинчен Сӑкӑта пачах ҫӳреме пӑрахрӗҫ. Мӗн сӑлтавпа? Никам та хурав памасть. Кашни кунах вуншар ҫыннӑн, ҫав шутра инвалидсемпе ваттисен те, ҫуран танккама тивет».

Канаш хулинче пурӑнакан вӑрҫӑ инвалидӗ В. Петров ҫырӑвне те тарӑхмасӑр вулама ҫук. «Кӑҫалхи ноябрӗн 15-мӗшӗнче Вӑрнар районӗнчи Уйкас Кипекре пурӑнакан юлташӑм патне ҫитсе килесшӗн пултӑм. Эпир унпа фронтра пӗрле ҫапӑҫнӑ. Канаш — Ҫӗмӗрле маршрутпа ҫӳрекен 48—04 номерлӗ автобуса ларас терӗм, водителе вӑрҫӑ инвалидӗн удостоверенине кӑтартрӑм. «Нимӗн те пӗлместӗп, юрамасть»—терӗ те водитель, удостоверенине лутӑркаса кӑларса печӗ. Ҫав вӑхӑтрах ман куҫ умӗнчех 7—8 ҫынран ҫул укҫи пуҫтарса илчӗ, пӗрне те билет памерӗ. Ҫавӑн пек чунсӑр, халӑх укҫине хапсӑнакан ҫынсем пассажирсем илсе ҫӳрекен автотранспортра ӗҫлеме тивӗҫлӗ-ши?» Хӗрлӗ Чутай районӗнчи Сорӑм ялӗнче пурӑнакансем сентябрӗн 18-мӗшӗнче Ҫӗмӗрле автовокзалӗнче туяннӑ билетсене редакцие ярса панӑ. Вӗсене 77—76 номерлӗ автобус водителӗ хӑйсен остановкинче йӑлӑнса ыйтсан та антарса хӑварман. Ҫавӑнпа пӗр сехет ытла ҫуран утма тивнӗ, фермӑри ӗҫе вӑхӑтра пуҫӑнайман. Кун пек тӗслӗхсем часчасах пулаҫҫӗ.

Вӑрнар районӗнчи Ҫавалкассинчен Н. Скворцов Шупашкар-Сӑкӑт тата Вӑрнар-Сӑкӑт маршрутсен автобусӗсем ку тӑрӑхра пурӑнакан темиҫе ял халӑхӗн ыйтӑвне тивӗҫтерейменни, Ю. Листопад — Шупашкар хулин кӑнтӑр енчи ҫӗнӗ районӗнчи «Питомник» остановкӑра пассажирсем кӗтсе тӑмалли будкӑна ҫулӑн пӗр енче кӑна туса лартни, Муркаш районӗнчи «Сеятель» колхозра пурӑнакан Г. Ильин Нискассинчен Шупашкара ҫӳрекен автобуса ларакансенчен нумайӑшӗ билет укҫи тӳлеменни, кунта контроль ӗҫне вӑйлатмалли ҫинчен ҫырса пӗлтереҫҫӗ.

РЕДАКЦИ почтинче вулакансен ҫырӑвӗсенче хускатнӑ ыйтусем ҫине панӑ ответсем те пур. Халӑх депутачӗсен Тӑвай район Совечӗн ӗҫтӑвкомӗн председателӗ Г. Филиппов Тушкил ялӗнчи автопавильона тӑвас ӗҫ совхоз директорӗ пулнӑ Н. Моряков тата Канашри ДРСУ прорабӗ Н. Алексеев айӑпӗпе вӗраха кайни, ӑна 1990 ҫулта туса лартма палӑртни ҫинчен пӗлтерет.

Вӑрмар районӗнчи Пинер ялӗнчен ӗҫ ветеранӗ Д. Федоров ҫырӑвӗ ҫине ответлесе, Вӑрмар райӗҫтӑвкомӗн председателӗ Н. Дмитриева ҫапла пӗлтерчӗ: «Чувашия» совхоз ялӗсем хушшинчи автоҫула 1991 ҫулта тума тытӑнаҫҫӗ.

Н. АЛЕКСАНДРОВ.

*Уҫҫӑн ҫырнӑ ҫырусем*

## НУМАЙ-ИМ ВӐЛ 5 ВӖЛЛЕ?

Эпӗ хуҫалӑхра 40 ҫул ытла пыл хурчӗсем тытатӑп. Халӗ те вӗсем пирӗн 10 ҫемье ытла. Анчах юлашки ҫулсенче вӗсене усрама питех те йывӑрланса ҫитрӗ. Вӗсем кашни ҫулах пыл нумай пухаймаҫҫӗ, мӗншӗн тесен колхозсемпе совхозсен уй-хирӗсенче сӗткен пухмалли ӳсентӑрансем ҫук, хуратул акса тума пачах пӑрахрӗҫ. Ҫапла вара хуртсем хӑйсене хӗл каҫмалӑх та пыл пухса илме пултараймаҫҫӗ, сахӑр песокӗ хушса пама тивет. Ӑна вара магазинсенче ирӗклӗ сутмаҫҫӗ. Хамӑра валли те ҫын пуҫне списокпа 1,5 килограмм кӑна тивет.

Пӗлтӗр хуртсенчен пачах пыл илеймерӗмӗр, май-июнь уйӑхӗсенчи вӗрипе аптрарӗҫ. Халӗ тӑрантарма сахӑр песокӗ те ҫук. Райпо хуҫалӑхра 5 вӗлле таран пур ҫынсене 5 килограмм сахӑр песокӗ сутать, пиро вара, 10 вӗллерен ытла усратӑр тесе, сутмасть. Спирен государствӑна пыл договорпа сутмалла, 1 килограмм пыл пуҫне 1 килограмм сахӑр сутма пултаратпӑр теҫҫӗ.

Тӗлӗнмелле пулса тухать: песокан килограмӗ 96 пус, пылӑн сутан илмелли хакӗ 5 тенкӗ те 50 пус, Шупашкарти рынокра вара 9 тенкӗпе сутаҫҫӗ.

Ҫапла вара, эпир пӗлтӗр 3 вӗлле таран пӗтертӗмӗр, унсӑрӑн мӗнпе тӑрантарас вӗсене, пыл хурчӗсем улӑм ҫимеҫҫӗ вӗт.

Сахӑр ыйтӑвӗ пыл хурчӗ усракан ҫынсене ҫав тери хумхантарать, малалла килте 5 вӗллерен ытла усрама май пулас ҫук.

Тӗрӗссипе каласан, республикӑри аслӑрах органсем те ку ыйтупа ҫителӗксӗр ӗҫлеҫҫӗ.

А. ВАСИЛЬЕВ.
Ҫӗрпӳ районӗ,
Чечейкасси Туҫа.

## ВӐРМАН ТАСАЛӐХӖШӖН

Вӑрмансенче ҫӳренӗ чухне ҫатрака кулисене час-часах тӗл пулатӑп. Ку вырӑнсем — вӑрман касакансен тирпейсӗрлӗхӗ, темиҫе ҫул каялла вараласа хӑварнӑскерсем.

Чӑн та, хӗлле вӑрман касакансем тирпей-илемшӗн тӑрӑшсах каймаҫҫӗ. Вутӑ сыпӑланӑ чухне ҫинҫерех туратсене тирпейлесе хӑвармаҫҫӗ.

Ҫав вырӑнсенче вара утӑ ҫулма та ҫук. Ку ҫеҫ те мар, ҫатрака саңаланса выртнӑ ҫӗрте йывӑҫ лартма май ҫук.

Тата ҫакна та асӑрхарӑм эпӗ. Ҫатракасене ҫурхи шыв Атӑла е Энӗш пек пӗчӗк юханшывсене илсе тухать. Хамӑрӑн тирпейсӗрлӗх тавралӑха, шыв-шура сиен кӳрет. Ман шутпа, вӑрман касакансенчен ҫирӗпрех ыйтмалла.

Эпӗ те вӑрман каснӑ ҫӗрте пӗрре ҫеҫ мар пулнӑ. Ҫатракана тирпейлесе, кӗлтен-кӗлтен ҫыха-ҫыха хунӑ. Ӑна шаршаплаçа хурсан, типнӗ хыҫҫӑн кӑмакара ҫунтарма пулать.

Вӑрман тасалӑхӗшӗн куллен тӑрӑшмалла. Пӗлтӗр, акӑ, вӑйлӑ ҫилсем сахал мар пулчӗҫ. Пирӗн Аманик ялӗ ҫывӑхӗнчи Шур вӑрманӗнче тӗпрен йӑванса кайнӑ ӑвӑссемпе юмансем пур. Вӑрман хуралҫинчен ыйтса, ҫав йывӑҫсене те сыпӑласчӗ.

Эпӗ Тӗрлемесрен Свияжск еннелле вӑрман лартма кайса курнӑ. Кунта та йывӑҫ турачӗсем, ҫатракасем нумай тӗл пулнӑ.

Вӑрман тасалӑхӗшӗн куллен тӑрӑшмалла.

И. МИРОНОВ,
Куславкка районӗнчи «Волга» совхоз рабочийӗ.

*ЙӖПРЕҪ районӗнче*

### Ял аталанать

Пӗчӗк хуҫалӑхсене пӗрлештерсе пысӑклатнӑ ҫулсенче, Россия Федерацийӗнчи ытти пиншер ял пекех, Ҫирӗклӗ те малашлӑха ҫухатнисен шутне лекнӗччӗ. Ҫакӑ мӗн патне илсе ҫитерни паллӑ. Юлашки вӑхӑтра вара лару-тӑру лайӑх еннелле улшӑнни сисӗнет. Ял ҫыннисен ыйтӑвӗсене тивӗҫтерессипе ҫыхӑннӑ ыйтусем ҫине колхоз правленийӗ чылай тимлӗрех пӑхма тытӑнчӗ. Кӑҫал, акӑ, кунта ҫӗнӗ кӗпер туса пӗтерчӗҫ. Шоссерен ялалла пӑрӑнса кӗрекен ҫула хӑпартса тикӗслерӗҫ. Магазинӑн ҫӗнӗ ҫуртне тума пуҫларӗҫ.

### Тата тепӗр выставка

Республикӑри краеведени музейӗн Йӗпреҫри филиалӗнчи картинӑсен галерейи ҫӗнӗ ҫурта куҫнӑранпа ятарлӑ выставкӑсем йртересси йӑлана кӗрсе пырать. Нумаях пулмасть унта хӑйӗн ӗҫӗсемпе Канаш хулинче пурӑнакан П. М. Меркурьев художник паллаштарчӗ. Павел Меркурьевич [illegible] Отечественнӑй вӑрҫӑ ветеранӗ, хальхи вӑхӑтра тивӗҫлӗ канура. Филиал сотрудникӗсемпе тахҫантанпах туслӑ ҫыхӑну тытать. Ятарласа йӗркеленӗ выставка йӗпреҫсене П. М. Меркурьев пултарулӑхне анлӑрах хаклама пулӑшрӗ.

*Шупашкарӑм, савнӑ Шупашкар*

# МИР ПРОСПЕКЧӖ

Ҫӗнӗ ҫуртсем ҫӗкленни — хула ҫыннисемшӗн пысӑк савӑнӑҫ. Пурте пӗлетпӗр ӗнтӗ, халлӗхе хваттер ыйтӑвӗ чылай ҫемьешӗн йывӑр ыйту. Ҫак савӑнӑҫа кӳрекенсем — строительсем.

Шупашкарти иккӗмӗш трестӑн 27-мӗш строительство управленийӗ республикӑра чи хӑватлӑ строительство организацийӗ шутланать. Паллах ентӗ, вӑл мӗнле ӗҫленинчен ҫурт-йӗр лартмалли пӗтӗмӗшле плансем пурнӑҫланасси нумай килет. Ҫӳрех каламалла, строительсем ҫакна ӑнланса ӗҫлеҫҫӗ, ӗҫре ҫӗнӗ меслетсемпе, механизмсемпе тулли усӑ кураҫҫӗ.

Управленипе ӗҫлекенсем Шупашкарти Мир проспектӗнче ҫуртсем купалаҫҫӗ. Шура тата [illegible]

пӗрин аллинче — «Коммунизм ялавӗ» хаҫат, теприн вара — ҫурт чертежӗ. Чертеж вулама вӗренни пурне те кирлӗ — мастер е бригадир ӗҫмен вӑхатра ӗҫ чарӑнса ан тӑтӑр. Хӑтлӑ ҫуртсене кашниех халӗ уйрӑм чертежпа лартма тӑрашать, ку вара строительсен ответлӑхне ӳстерет, тимлӗрех пулма хистет.

Н. Казаков мастер яланах рабочисемпе пӗрле: ӗҫе йӗркелеме пулӑшать, пахалӑха тӗрӗслет. Мӗн каламалли, тепӗр [illegible]

та. Ҫамрӑк пулин те, бригадирӑн та ертсе пырас ӑсталӑхӗ пысӑк. Ӗҫлен коллектив вӑртура пӗрре ҫеҫ мар ҫӗнтерӗ, премии илме тивӗҫ пулнӑ.

Л. Сорокин каменщик уйрӑмах хисеплӗ. Пуян опыт пухнаскер, вуншар ҫамрӑка хӑйӗн ӑсталӑхне вӗрентнӗ. Ана чи ответлӑ вырӑнсене шанса параҫҫӗ — кӗтес е лифт шахтине купалама. Вӗсем ҫип ҫапнӑ пек тӳрӗ пулмалла. 25 ҫул пӗр улшӑнмасӑр кирпӗч купалакан [illegible]

Г. Иванов стропальщик, сварщик ӗҫне те пӗлекенскер, строительство площадкине типтерле тытса тӑрать. [illegible] каменщиксене пулӑшать. Ҫапла туслӑ ӗҫлесен епле ӳсӗм ан пултӑр? Каменщиксем сменӑра 600 кирпӗч вырӑнне 800 е 1000 кирпӗч хураҫҫӗ.

Рабочисен ыйтӑвӗсене тивӗҫтерес тӗлӗшпе управленири мастерсемпе прорабсем, профсоюз комитечӗ тимлӗ. Строительсен хӑйсен ответлӑхӗ те [illegible]

*Тӑван сӑмах, тӑван культура*

Халӑх писателӗ А. С. АРТЕМЬЕВ:

# ПУРНӐҪ ҪӖНӖЛЛЕ ҪЫРМА ХИСТЕТ

**«Ҫурҫӗр тахҫанах иртнӗ. Ҫанталӑк кӑштах ҫемҫелнӗ, ҫерҫи пуҫӗ пек тӑман ҫӑвать. Площадьри пысӑк чӑрӑш, тӗрлӗрен тӗслӗ ҫунакан лампочкӑсемпе эрешленӗскер, юмахри пекех йӑлтӑртатса ларать. Студентсем ёлка патне пырса ун тавра ташласа ҫаврӑнма пуҫларӗҫ. Левенпе Муза, Пӗчӗк Нинапа Пысӑк Нина мӑшӑрланчӗҫ, Саламри хӑех Саланова ташлама чӗнчӗ. Вӑл халӗ сасартӑках хаваслanса кайрӗ, питӗ тӑрӑшса ташлама тытӑнчӗ» — ку йӗркесем Чӑваш АССР халӑх писателӗ Александр Артемьев ҫырнӑ «Саламри» повесть геройӗсем Ҫӗнӗ ҫула кӗтсе илнин пӗр самантне сӑнлаҫҫӗ. Повеҫе ҫырнӑ чух вӑл хӑй те ҫамрӑк пулнӑ-ха, Ҫӗнӗ ҫул уявӗсене произведенийӗнчи студентсем пекех хаваслӑн капӑр елка тавра ташласа кӗтсе илнӗ пулӗ. 65 ҫулхи писатель Ҫӗнӗ ҫула халӗ мӗнле, мӗнпе кӗтсе илет-ши! Кивӗ ҫулӑн юлашки кунӗсенчен пӗринче пирӗн корреспондент Александр Спиридоновичпа тӗл пулса калаҫнӑ. Сӑмах — писатель ӗҫӗ-хӗлӗ, шухӑш-ӗмӗчӗсем, паянхипе иртнӗ вӑхӑт тата ытти ыйтусем ҫинчен.**

— Александр Спиридонович, акӑ тепӗр ҫулталӑк иртсе кайрӗ. Мӗнпе асра юлчӗ-ши вӑл? Калӑпӑр, творчествӑра.

— Асра юлни пулман мар. Сӑмах кунта ҫулталӑк ҫинчен пырать-ҫке, вуннӑ уйӑхра вара виҫҫӗр кун ытла. «Тӑван Атӑл» журналта, акӑ, февраль уйӑхӗнче манӑн «Пукра» повесть пичетленсе тухрӗ. Вулакансене килӗшнӗ пулас — ҫырусем чылай илтӗм. Повесть журналӑн премине те илме тивӗҫ пулнӑ терӗҫ. Мӗн калассн, савӑнӑҫла хыпар. Кӑҫал Чӑваш кӗнеке издательстви тӗрлӗ ҫулсенче ҫырнӑ сӑввӑмсене уйрӑм кӗнекен пичетлесе кӑларчӗ. Ку та маншӑн 1989 ҫул парни пулчӗ. К. В. Иванов ячӗпе хисепленекен Чӑваш государство академи драма театрӗ «Саламри» повеҫ тӑрӑх халӑх умне лайӑх спектакль кӑларни те кӑмӑла ҫӗклерӗ, хавхалану кӳчӗ. Кивӗ ҫул ҫакӑнпа та асра юлма тивӗҫ.

— Сӑмах май каласан, эпӗ ӗнер кӑна театрта «Саламри» спектаклӗ пӑхрӑм. Тӑваттӑмӗш хут. Повеҫе те пӗрре ҫеҫ мар вуланӑ. Анчах та темиҫе ӑру ҫамрӑкӗсен чун-чӗрине тыткӑнлакан повесть мӗнле ҫуралнине паянхи кунччен те пӗлместӗп. Питех меллӗ самант тупӑнчӗ, усӑ курасчӗ унпа.

— Килӗшмелле. Анчах та малтан спектакль пирки пӗр-ик сӑмах каласа хӑварар. «Саламрие» темиҫе хутчен те пырса куртӑм эпӗ. Театрӑн тӗп режиссерӗ Валерий Яковлев повеҫе лайӑх инсценировкӑласа сцена ҫине кӑларнӑ. Чӑн та, ку иккӗмӗш инсценировка, ҫитмӗлмӗш ҫулсен пуҫламӑшӗнче «Саламри» республикӑри ҫамрӑксен театрӗнче кун ҫути курнӑччӗ. Унтанпа вӑхӑт чылай иртрӗ, паянхи ҫамрӑксем, паллах, унпа паллашма ӗлкӗреймен. Чи малтанах, «Саламри» — вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи ҫамрӑксен шухӑш-кӑмӑлӗ, туслӑхӗпе юратӑвӗ, чун илемӗ ҫинчен ҫырнӑ произведени. Спектакль унти тӗп шухӑшсене лайӑх уҫса па[illegible] ку постановка ку[illegible] тулли халӑх. Ҫамрӑксем те, пенси ҫулне ҫывхарнӑ ҫынсем те йышлӑ. Пӗрисене хӑйсен яшлӑхне аса илтерет пулӗ ку спектакль. Теприсене, тен, вӑл вӑхӑтри ҫамрӑксем хушшинчи романтикӑллӑх илӗртет. Романтикӑсӑр ҫамрӑклӑх ҫунатсӑр кайӑк пек туйӑнать мана. Повеҫе ҫырнӑ чух эпӗ хам та романтикӑллӑ [illegible] ҫамрӑк пулнӑ, ҫав ҫулсенче сиенле паранса, ҫамран вӗренсе ӳснӗ? Ун ашше кам пулна, аҫта, мӗнле вилнӗ? Вӑл вӑхӑтри колхозниксем, ҫамраксем, студентсем мӗнлерех пурӑннӑ?

Ҫакан пек пысӑк ыйтусене очеркра е калавра тӗплӗн ҫутатса пама ҫуккине ӑнланса, повесть ҫырма шутларӑм. Вӑл 1954 ҫулхи май уйӑхӗнче «Ялав» журналта пичетленме пуҫларӗ. Вулакансем те, писательсемпе критиксем те повеҫе ӑшшӑн йышӑнчӗҫ. Эпӗ пач пӗлмен-палламан ҫынсенчен ҫӗршер ҫыру илтӗм. Вӗсенче, автора саламласа тав тунипе пӗрлех, пурнӑҫ чанлӑхне туллин кӑтартманшӑн ӳпкелешни те сисӗнетчӗ. Анчах та ку ҫитменлӗх автортан килмен. Ун чухнехи вӑхӑт — халӗ пурте пӗлекен харушӑ «культ киремечӗ». Мӗн пуррине, мӗн курнине йӑлтах тӗрӗссине ҫырса кӑтартма юрамастчӗ. Ман повеҫе редакцилекен, цензуралакан ҫынсем: «ку каймасть», «кун пек ҫырма юрамасть», тесе эп ҫырнине сӑмахан-сӑмахӑн е сыпӑкан-сыпӑкан чӑр-чӑр! чӗрсе пӑрахатчӗҫ. Мӗн тӑвӑн — ун чухне ҫенетӳ, уҫҫӑнлӑх пулман, вӗсенчен аякра тӑна эпир.

1956 ҫулта повесть уйрӑм кӗнекен тухрӗ те питӗ хӑвӑрт саланса пӗтрӗ. Тата тӑватӑ ҫултан вӑл Мускаврa, «Советская Россия» издательствӑра вырӑсла пичетленчӗ. 1966 ҫулта Шупашкарта кӗнеке иккӗмӗш кӑларӑмпа тухрӗ. Вӑл та хӑвӑрт сутӑнса пӗтрӗ. Тата вунӑ ҫултан тепӗр кӑларӑм пулчӗ. Ӑна та халӗ кӗнеке магазинӗсенче кураймӑн. Нумай-нумай вулакан ыйтнипе кӑҫал «Саламри» тӑваттӑмӗш кӑларӑмпа 50 пин тиражпа тухмалла. Эпӗ халӗ ӑна «роман» терӗм, мӗншӗн тесен унта нумай ҫӗнӗ сыпӑксем хушрӑм, ҫӗнетрӗм, ҫитменлӗхсене пӗтерме тӑрӑшрӑм. Кунӗн-ҫӗрӗн тимлесе ӗҫлене кӗнекем мӗнле пулса тухнине вулакансем хак парӗҫ. Сӑмах май каласан, кашни кӗнеке тухмассерен тӑван литературӑна юратакансем мана вулав конференцийӗсене, телпулусене [illegible]. Анчах ҫывӑх хӑвша[illegible] пирки халӗ инҫетри ялсене ҫитсе килме йывӑрланчӗ. Хуларти, ҫывӑхри ялсенчи телпулусене вара хавaспах ҫӳретӗп.

— «Саламри» повеҫе чылай ҫӗнӗ сыпӑксем хушрӑм, терӗр. Ҫавна май ыйту ҫуралать. Эсир алламӗш ҫулсенче ҫырнӑ ытти произведенисен шапи мӗнлерех пулӗ, вӗсенче те ҫав ҫулсен витӗмӗ пысӑк вӗт. Халӗ [illegible] ҫӗрте те вӑйпах кукуруза актаратчӗҫ. Анчах, темле хистесе тӑрсан та, кӳршӗлле «Знамя труда» колхоз председателе Евтихий Андреев кукуруза акмарӗ, ҫерулми лартса вылыхчерлех фермисене ҫӗклерӗ, хӑй те чапа тухрӗ. Ҫав вӑхӑтрах районти «Красное Сормово» колхоз председателӗ кукуруза питӗ нумай акса пысӑк инкек тӳсрӗ. Эпӗ ике председателе те питӗ лайӑх пӗлеттӗм. Хамӑр колхоз пурнӑҫне те пӗлсе-курса тӑраттӑм, кунсерен фермӑсене, хире тухса ҫӳреттӗм. Вӑл вӑхӑтра Лысенко «вӗрентевӗ» ял хуҫалӑхне пысӑк сиен кӳчӗ. Анчах та ун чухне эпир ӑна тавҫӑрса илеймен. Повеҫри геройсен йӑнӑшӗсем пирки нумай ҫыру илетӗп. Мӗн тӑвӑн, ун чухне пӗр эпӗ ҫеҫ йӑнӑшнӑ-им, Апла пулин те йӑнӑша тӳрлетес пулать. Ҫӗнӗ ҫулта манӑн пӗрремӗш пысӑк тӗллевӗм — «Улма йывӑҫ авӑнать» повеҫе ҫӗнетсе ҫырасси. Паллах, урах ӗҫсем те тупӑнса пыраҫҫӗ. «Тӑван Атӑл» журналӑн редколлеги членӗ, кӗнеке издательстви редсовет членӗ пулнӑ май, нумай автор алҫырӑвӗсене вулама, рецензилеме тивет. Ҫак ӗҫ творчество вӑхӑчӗн ҫуррине илет.

«Сӗрӗм» повесть пирки пӗр-ик сӑмах. Унта эпӗ турра ӗненекен ҫынсене питлес теллев тытман. Ӗненекенсем хушшинче пӳтсӑр ҫынсем кӗрсе, вӗсене улталаса пурӑннине кӑтартса парас тени ҫеҫ. Паллах, унта та тӳрлетмелли вырӑнсем ҫук мар, анчах та халлӗхе ку ӗҫе тума май килмест пуль тетӗп.

— Тахҫан ҫырнӑ произведенисене ҫӗнӗрен пичетличчен вӗсенче хӑшпӗр шухӑшсене паянхи вӑхӑтпа вӗҫсе улӑштарасси пирки калаӑр. Пӗлес килет, произведенисен чӗлхинче улшӑнусем пулӗҫ-е ҫук?

— Чӗлхе ӑсталӑхне вӗренесси, чӗлхе илемне, витӗмлӗхне аталантарасси — писателӗн пӗрремӗш таса тивӗҫӗ тесе шутлатӑп. Халиччен тухнӑ кӗнекесене тепӗр хут пичетлесе кӑларма хатӗрлене май, паллах, произведени чӗлхипе те ӗҫлеме тивет. Анчах ытлашши пысӑк улшӑнусем кӗртес теллевӗм ҫук. Стиль юлать. Тата мӗн калас, Тӑван чӗлхене пуҫлен пӗлмен ҫын нихҫан та хисеплӗ пулайман, ун пеккинчен ялӑнах кулнӑ. Халӗ хуларн шкулсенче, радиопа, телевиденипе чӑвашла вӗрентме тытӑннишӑн савӑнатӑп кана. Пирӗн пурин те тӑван культурана, чӗлхепе литературана лайӑх пӗлмелле. Ун[illegible]

*Шупашкарăм, савнă Шупашкар*

# МИР ПРОСПЕКЧĔ

Çĕнĕ суртсем çĕклени — хула çыннисемшĕн пысăк савăнăç. Пурте пĕлетпĕр ĕнтĕ, халлĕхе хваттер ыйтăвĕ чылай çемьешĕн йывăр ыйту. Çак савăнăçа кӳрекенсем — строительсем.

Шупашкарти иккĕмĕш трестăн 27-мĕш строительство управленийĕ республикăра чи хăватлă строительство организацийĕ шутланать. Палла ĕнтĕ, вăл мĕнле ĕçленинчен çурт-йĕр лартмалли пĕтĕмĕшле плансем пурнăçланасси нумай килет. Тӳрех каламалла, строительсем çакна ăнланса ĕçлеççĕ, ĕçре çĕнĕ меслетсемпе, механизмсемпе тулли усă кураççĕ.

Управленипе ĕçлекенсем Шупашкарти Мир проспектĕнче суртсем купалаççĕ. Шурă тата хĕрлĕ кирпĕчрен çĕкленĕскерсем, хулана çĕнĕ тĕс кĕртрĕç. Аялти хутсенче — кафесем, çакăр лавкки, фотоателье. Хваттерсенче промышленность тракторĕсен заводĕнче тата мотор заводĕнче ĕçлекенсем пурăнаççĕ.

Халĕ вара тата темиçе çурт лартма палăртнă. Акă, тепĕр икĕ çурта Вениамин Федоровпа Виталий Алдушкин ертсе пыракан бригадăсем купалаççĕ.

— Амăртса ĕçлетпĕр, ĕç ăнса пырать, — хавасланă пĕлтерчĕç мана строительсем. — Каменщиксем кашни сменăрах плансене ирттерсе тултараççĕ.

Каима ларнă каменщиксен пĕрин алличе — «Коммунизм ялавĕ» хаçат, теприн вара — çурт чертежĕ. Чертеж вулама вĕренни пурне те кирлĕ — мастер е бригадир ерçмен вăхатра ĕç чарăнса ан тăтăр. Хăтлă çуртсене кашниех халĕ уйрăм черетежпа лартма тăрăшать, ку вара строительсен ответлăхне ӳстерет, тимлĕрех пулма хистет.

Н. Казаков мастер яланах рабочисемпе перле: ĕçе йĕркелеме пулăшать, пахалăха тĕрĕслет. Мĕн каламалли, тепĕр чухне пăсса юсамалли те пулкалать-ха. Калтăксем вара ĕçе кал-кал йĕркелеме чăрмантараççĕ. Федоровпа Алдушкин бригадисем час-часах пĕрле ĕçлеççĕ, çавăнпа пĕр-пĕрне аван пĕлеççĕ. Вунă-вуннилĕк çул каялла бригадăсенче çынсем йышлă пулнă, пали вара вунтăхăр-çирĕм çын кăна. Çавăнпа та халĕ чылайăшĕ темиçе ĕç тума вĕреннĕ, тĕрĕссипе, хальхи стройкăра унсăрăн ĕçлеме май та çук. Икĕ бригада пĕр-пĕрне пулăшасси те йăлара. Çакă вара ăнăçу кӳрет.

В. Федоров бригадинче çамрăксем йышлă. Пилĕк-ултă çул каялла вĕсем училищĕрен вĕренсе тухнă, халĕ пурте ăста. Çамрăк пулин те, бригадирăн та ертсе пырас ăсталăхĕ пысăк. Ĕçлекен коллектив амăртура пĕрре çеç мар çĕнтернĕ, премисем илме тивĕç пулнă.

Л. Сорокин каменщик уйрăмах хисеплĕ. Пуян опыт пухнăскер, вуншар çамрăка хăйĕн ăсталăхне вĕрентнĕ. Апа чи ответлă вырăнсене шанса параççĕ — кĕтес е лифт шахтине купалама. Вĕсем çин çапна пек тӳрĕ пулмалла. 25 çул пĕр улшăнмасăр кирпĕч купалакан ăстана темиçе хут та Хисеп хăми çине кĕртнĕ, грамотăсем парса чысланă.

Алдушкин бригади эпĕ пынă чухне улттăмĕш хута купаласа пĕтеретчĕ. Вĕсем те кӳршĕ бригадăран кая юлаççăн мар. Лешсем те кӳршĕсем хыççăн туртăнаççĕ, каярах тытăннă пулин те, калапăшĕпе иртсе кайма тăрăшаççĕ. Майĕ те пур — кашни уйăхрах плансене 110—116 процент тултараççĕ. Н. Павлов, О. Тихонов, В. Исаков, А. Павлова тата О. Максимов каменщиксем пахалăхлă ĕçлеççĕ. Е. Пантелеймонов платник те, хăйĕн ĕçне вĕçлесен, вĕсене пулăшать. Чи опытлă рабочисенчен пĕри — Г. Иванов стропальщик, сварщик ĕçне те пĕлекенскер, строительство [illegible] тытса тăрать, кашт пушансанах каменщиксене пулăшать. Çапла туслă ĕçлесен епле ӳсĕм ан пултăр? Каменщиксем сменăра 600 кирпĕч вырăнне 800 е 1000 кирпĕч хураççĕ.

Рабочисен ыйтăвĕсене тивĕçтерес тĕлĕшпе управленири мастерсемпе прорабсем, профсоюз комитечĕ тимлĕ. Строительсен хăйсен ответлăхĕ те ӳсет. Хуçалăх расчечĕ çине куçнă май, бригадăсем строительство материалĕсене хăйсем йышăнма пуçларĕç, вĕсене тирпейлĕрех тыткалаççĕ. Çак çурта купалама пуçланăранпа кăна 43 пин кирпĕч перекетленĕ, ку вара виçĕ смена ĕçлеме çитет.

Çак çурта туса пĕтерсен, кунта пĕчĕк йышлă çемьесем е мăшăрсăр пурăнакансем — пурĕ 1374 çын пурăнма тытăнĕç. Строительсем савăнăçлă самант çывхартма тăрăшаççĕ.

Д. ВАСИЛЬЕВ,
Чăваш АССР тава тивĕçлĕ строителĕ.

# ĔÇЕ ЮРАТСАН

Çĕмĕрле тăрăхĕнче Т. Г. Никитина ятне нумайăшĕ пĕлет. Мĕншĕн тесен унăн ĕçĕ хулари тата ялти нумай-нумай çын пурнăçĕпе çыхăннă. Татьяна Геннадьевна — «Шумерлямежрайгаз» трестри газ баллонĕсене тултаракан. Кирек хăш заказа та хăвăрт, тирпейлĕ пурнăçлать вăл.

Вуникĕ çул хушши ку ĕçре. Çавăнпа çаврăнăçуллă, вăшăват. Ахальтен мар ăна кăçал «Ĕçре палăрнăшăн» медаль пачĕç.

Т. Никитина общественлла ĕçре те пултаруллă. Вăл — партгрупорг, çамрăксен ăста наставникĕ.

Г. ИВАНОВ.

**Мускаврa «Çутçанталăкри энергоинформаци ылмашăвĕн ыйтăвĕсем — «Биоинформэнерго-89» Пĕтĕм Союзри пĕрремĕш конференци пулса иртнĕ. Унта çутçанталăкри энергоинформаци ылмашăвĕн ыйтăвĕсене тĕпчекен ученăйсем, экстрасенс-практиксем, çутçанталăкри тĕлĕнмелле пулăмсене курнă çынсем хутшăннă. Наука форумĕнче паллă мар вĕçекен объектсем (НЛО), биолокаци меслечĕпе тата ытти меслетсемпе усă курасси çинчен сăмах пынă. Пухăннисем 76 доклад итленĕ, стендсемпе паллашнă, тĕрлĕрен ӳкерчĕксемпе документлă фильмсем курнă.**

**Ӳкерчĕк çинче: Райн тесчĕпе (США) хăйсен майĕсене тĕрĕслесе пăхма кĕмĕл тăвакансем нумай.**

ТАСС фотохроники.



Республикăри краеведени музейĕн Йĕпреçри филиалĕнчи картинăсен галерейи çĕнĕ çурта куçнăранпа ятарлă выставкăсем иртересси йăлана кĕрсе пырать. Нумаях пулмасть унта хăйĕн ĕçĕсемпе Канаш хулинче пурăнакан П. М. Меркурьев художник паллаштарчĕ. Павел Меркурьевич — опытлă педагог, Аслă Отечественнăй вăрçă ветеранĕ, хальхи вăхăтра тивĕçлĕ канура. Филиал сотрудникĕсемпе тахçантанпах туслă çыхăну тытать. Ятарласа йĕркеленĕ выставка Йĕпреçсене П. М. Меркурьев пултарулăхне анлăрах хаклама пулăшрĕ.

## Шефсем пулăшнипе

Йĕпреçри 1-мĕш вăтам шкул çывăхĕнче тума пуçланă комплекслă спорт площадкин пурлăх никĕсĕ çирĕпленсех пырать. Шкулăн база предприятийĕнче — юсавпа техника предприятийĕнче ăсталанă спорт хатĕрĕсене физкультура учителĕсем В. В. Треньков, В. П. Кондратьев тата О. В. Ефимов ертсе пынипе ачасем хăйсемех вырнаçтараççĕ.

А. ИВАНОВ.

# АМĂШĔ КĂМĂЛЛĂ

Çамăл пулман Елчĕк районĕнчи Аслă Шăхальте пурăнакан Маргарита Михайловна Ананьевăна «Колос» колхозра механизаторта ĕçленĕ мăшăрĕ сарамсăр виллĕ хыççăн çамрăкла тăрса юлнă тăвата ывăлĕпе пĕчĕк хĕрачине пăхса çитĕнтермешкĕн.

Аслă ывăлĕсем çар службинче пулнă хыççăн тăван тăрăхра ĕçлеççĕ. Иккĕшĕ — Таван çĕршыв хуралĕнче.

Илья службăра тăракан часть командованийĕ салтак амăшĕ ятне тав çырăвĕ янă. Унта Ленинла комсомол ячĕпе хисепленекен çар чаçĕнче И. Ананьев комсомолец пултаруллă, дисциплинăллă салтак пулнине палăртнă.

В. ЕРТМАКОВ.

...çулсен пуçламăшĕнче «Салампи» республикăри çамрăксен театрĕнче кун çути курнăччĕ. Унтанпа вăхăт чылай иртрĕ, пьесăри çамрăксем, паллах, унпа паллашма ĕлкĕреймен. Чи малтанах, «Салампи» — вăрçă хыççăнхи çамрăксен шухăш-кăмăлĕ, туслăхĕпе юратăвĕ, çын илемĕ çинчен çырнă произведени. Спектакль унти тĕп шухăшсене лайăх уççăн панă, килĕшет ку постановка куракансене. Залра яланах лăк тулли халăх. Çамрăксем те, пенсие çулне çывхарнă çынсем те йышлă. Пĕрисене хăйсен яшлăхне аса илтерет пулĕ ку спектакль. Теприсене, тен, вăл вăхăтри çамрăксем хушшинчи романтикăллăх илĕртет. Романтикăсăр çамрăклăх çуначĕсăр кайăк пек туйăнать мана. Повеçе çырнă чух эпĕ хам та романтикăллă çамрăк пулнă. Ку вăл произведени материалĕнчен кăна мар, писатель стилĕнчен те килет пулĕ тетĕп.

Халĕ вара сирĕн ыйтăвăр пирки. Салампи çинчен эпĕ вăтăр çул каяллах çырма шухăш тытнăччĕ. Çавăнтанпа унăн санарĕ мана пĕрре те канăç памарĕ. Пурнăç улшăнса, çĕнелсе пынă май, сăнара кунсерен тенĕ пек çĕнетсе, пуянлатса пыма тăрăшрăм. Анчах та мĕн калас тенинчен хальхи пек самай пысăк кĕнеке пулса каясса, çамрăксен юратнă кĕнеки пуласса шутламан. Чи пирваихи вариантне, кăранташпа çеç çырса хунине, «очерк» тесе палăртнăччĕ. Каярахпа вăл калав пулса тăчĕ. Мана Салампи сăнарĕ пăлхантарса ячĕ, ун çинчен вулакансене те пĕлтерес килчĕ. Çапах та алçырăвне пичетлеме васкамарăм, ăна аслăрах юлташăмсене, чĕлхеçĕсене вулаттартăм. Вĕсен юлташла асăрхаттарăвĕсем, канашĕсем, ыйтăвĕсем мана нумай пулăшрĕç, ĕçлеттерчĕç. Ырă канашсемшĕн эпĕ уйрăмах Çемен Элкере, Петĕр Хусанкая, Митта Ваçлейне, Илпек Микулайне, Хветĕр Уяра чĕререн тав тăватăп.

Салампи ăçта, мĕнле килйышра, мĕнле юлташ-тантăш хушшинче, кам ăс-хакăл вăйăм[illegible]ни» тăваттăмĕш каларăмпа 50 пин тиражпа тухмалла. Эпĕ халĕ ăна «роман» терĕм, меншĕн тесен унта нумай çĕнĕ сыпăксем хушрăм, çĕнетрĕм, çитменлĕхсене пĕтерме тăрăшрăм. Кунĕн-çĕрĕн тимлесе ĕçлене кĕнекем мĕнле пулса тухнине вулакансем хак парĕç. Сăмах май каласан, кашни кĕнеке тухмассерен тăван литературăна юратакансем мана [illegible] чĕнеççĕ. Анчах сывлăх хавшанă пирки халĕ инçетри ялсене çитсе килме йывăрланчĕ. Хулари, çывăхри ялсенчи тĕлпулусене вара хавaспах çӳретĕп.

— «Салампи» повеçе чылай çĕнĕ сыпăксем хушрăм, терĕр. Çавна май ыйту çуралать. Эсир аллăмĕш çулсенче çырнă ытти произведенисен шапи мĕнлерех пулĕ, вĕсенче те çав çулсен витĕмĕ пысăк вĕт. Халĕ куççем уçăлчĕç, чылай ыйту çине, калăпăр, çĕршыв пурнăçĕнче пулса иртнĕ пулăмсем çине халиччеихи пек мар, урăхла пăхма кирлине ăнланса илтĕмĕр. Сăмахран ,акă, сирĕн «Улма йывăç аванать» тата «Серĕм» повеçĕрсене илер. Вĕсенчен пĕрремĕшĕнче Лысенко суя академик наукăра «тĕлĕнтермĕшсем» туни, тепринче тĕн пур енчен те япăх текен шухăш палăрса тăрать пек. Паянхи пурнăç вара ку енĕпе нумай улшăнусем кĕртрĕ. Ку ыйтусем пирки сирĕн шухăш мĕнлерех?

— Тӳрех калатăп, хам тахçан çырнă произведенисене паян ним улăштармасăр пичетлеме килĕшмен пулаттăм. Çĕнĕ самана çĕнĕлле çырма хушать. Халăх умĕнче тĕрĕссине уççăн каласчĕ. Ман шутпа, писателĕн урăх теллев пулмалла та мар. Хĕрĕхмĕш-аллăмĕш çулсенче эпир тĕреслĕхе уççăн калама та, çырма та пултарайман. «Улма йывăç аванать» пирки çакна калас пулать. Эпĕ вăл повеçе çартан килсенех çырма тытăнтăм. Вăл «Саламппе» çыхăннă произведени. Икĕ кĕнекине те пĕр вăхăтрах çыртăм, темелле. Эпĕ ун чухне сакăр çул Муркаш районĕнче, «Красный Октябрь» колхозра пурăнтăм. Вăл вăхăтра пур[illegible]калассет пулĕ тетĕп.

— Тăхçан çырнă произведенисене çĕнĕрен пичетличчен вĕхи вăхăтпа висĕ улăштарасси пирки калăрар. Пĕлес килет, произведенисен чĕлхинче улшанусем пулĕç е çук?

— Чĕлхе ăсталăхне вĕренесси, чĕлхе илемне, витĕмлĕхне аталантарасси — писателĕн перремĕш таса тивĕçĕ тесе шутлатăп. [illegible] произведени чĕлхипе те ĕçлеме тивет. Анчах ытлашши пысăк улшăнусем кĕртес тĕллевĕм çук. Стиль юлать. Тата мĕн калас, Тăван чĕлхене пӳтлĕн пĕлмен çын нихçан та хисеплĕ пулаймăн, ун пеккинчен яланах кулнă. Халĕ хулари шкулсенче, радиопа, телевиденипе чăвашла вĕрентме тытăннăшăн савăнатăп кăна. Пирĕн пурин те тăван культурăна, чĕлхепе литературăна лайăх пĕлмелле. Унсăрăн эпир нихçан та хамăра хамăр хисеплекенсем пулса çитеймĕпĕр.

— «Салампи» повесть патне таврăнар-ха. Вырăсла куçарса ытти халăх вулаканĕсем патне çитерсен, вăл, ман шутпа, совет литературинче янăраса тăракан произведени пулмаллаччĕ пек. Калăпăр, Чингиз Айтматовăн «Джамиля», «Тополек мой в красной косынке» повеçĕсем евĕр. Анчах та «Салампи» вĕсен шайне лараймарĕ пек туйăнать. Кăна куçару пахалăхĕпе сăлтавланинче тĕрĕслĕх пур-и?

— Паллă критик Семен Трегуб повеçе вырăсла питĕ васкаса, нумай кĕскетсе куçарнă. Тен, çавăнпа та вăл, эсир калашле, янăрасах каймарĕ пулĕ. Халĕ «Саламппе» çĕнĕрен куçараççĕ. Мĕнле пулĕ — тумаи тиха пилĕкне хуçас мар.

— Калаçăва хăнăхнă ыйтупа вĕçлер. Çĕнĕ çул — çĕнĕ теллевсем, ĕçсем...

— Паян-ыранах «Улма йывăç аванать» повеçе çĕнĕрен çырма ларасшăн. Пурнăç çĕнетме хистет. Паянхи çивĕч ыйтусемпе те çырас шухăшсем пур.

А. ВРАЖКИН калаçнă.

## Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕнче

Рационализаторла ĕçре пысăк хастарлăх кăтартнăшăн Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ Павел Егорович **Романова** — «Шихазанскремтехпред» юсавпа техника предприятийĕн директорне тата Александр Витальевич **Рябкова** — «Чувашстрой» территори строительство пĕрлешĕвĕн 1-мĕш строительство трестĕн ертсе пыракан инженерне — **«Чăваш АССР тава тивĕçлĕ рационализаторĕ»** хисеплĕ ят панă.

* * *

Совет чăваш хореографи искусствинчи тава тивĕçлĕ ĕçсемшĕн Олег Алексеевич Попова— Чăваш государство музыка театрĕн балет артистне — **«Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артисчĕ»** хисеплĕ ят панă.

* * *

Ӳсе пыракан ăрăва эстетика воспитанийĕ парас тĕлĕшпе нумай çул хушши ăнăçлă ĕçленĕшĕн Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ Тамара Алексеевна **Ермолинăна** — Улатăрти 1-мĕш ача-пăча музыка шкулĕн директорне тата Юлия Ивановна **Закутскаяна** — Çĕнĕ Шупашкарти 3-мĕш ача-пăча музыка шкулĕн директорне — **«Чăваш АССР культурăн тава тивĕçлĕ работникĕ»** хисеплĕ ят панă.

**«КОММУНИЗМ ЯЛАВНЕ» ОТВЕТЛЕÇÇĔ**

# «Чĕртавар ăçтан тупмалла?»

**«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн пĕлтĕрхи октябрĕн 13-мĕшĕнчи номерĕнче çак ятпа пичетленнĕ статьяра Çĕнĕ Шупашкарти «Стройдеталь» заводăн тĕп инженерĕн заместителĕ В. Свиридов тата цех начальникĕ Е. Петров стройкăсем валли столяр изделийĕсем туса кăлармашкăн тивĕçлĕ йывăç сахал уйăрса панине палăртнă. Статьяна Чăваш АССР Госпланĕ «Чувашлес» производство пĕрлешĕвĕпе пĕрле пăхса тухнă.**

Юлашки çулсенче республикăра халăх хуçалăхĕ валли йывăç парса тăрас ыйту кăткăсланса çитнĕ. Ку вăл ялсенче тата хулара пурăнмалли çурт-йĕр, социаллă пурнăçпа культура объекчĕсем туса лартассин вăйланнипе çыхăннă. Çулталăкра ĕçре усă курмалли йывăç 880 пин кубометр, çав шутран 260 пин кубометр хыр-чăрăш кирлĕ пулсан, çакăн 71 тата 41 процентне кăна тивĕçтерме пулать.

«Чувашстрой» территори строительство пĕрлешĕвĕ валли Пермь, Свердловск облаçĕсенчи тата Мари АССРĕнчи вăрман хатĕрлекен организацисем СССР Госснабĕн фончĕсем тăрăх йывăç парса тăма тивĕçлĕ. 1987 çултан тытăнса, вĕсем хăйсен договорĕсене кирлĕ пек пурнăçламаççĕ, уйрăмах хыр-чăрăш сахал тиесе яраççĕ. Çав вăхăтрах республикăри вăрмансенче те кун пек йывăç запасĕсем сахалланнă.

Лару-тăру кăткăс пулин те, Чăваш АССР Министрсен Совечĕ 1989 çулта «Чувашстрой» пĕрлешӳ валли столяр изделийĕсем туса хатĕрлемешкĕн 10 пин кубометр хыр-чăрăш тупса пама пултарнă. Хальхи вăхăтра пĕрлешĕве 1990 çулта 18 пин кубометр çавăн пек йывăç парса тăрас ыйтăва пăхса тухаççĕ. Кунпа пĕрлех республика правительстви Томск тата Тюмень облаçĕсенче хыр-чăрăш касса хатĕрлекен чĕртавар базине туса хурас ыйтăва тĕпчет.

В. МОИСЕЕВ,
Чăваш АССР Госпланĕн председателĕн заместителĕ.

## ВУЛАКАНСЕМ ХЫПАРЛАÇÇĚ

### *Вăрăм кунçул сунаççĕ*

Сахал мар Ямашра ятлă-сумлă çынсем. Вĕсенчен пĕри — хăйĕн пурнăçне мĕн тивĕçлĕ канăва тухиччен тăван «Знамя» колхозпа çыхăнтарнă М. И. Стеклова. Хăй вăхăтĕнче ăна «1941—1945 çулсенчи Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче хастар ĕçленĕшĕн» медаль парса чысланă.

Çак кунсенче Мария Ивановна ячĕпе яла çĕршывăн тĕрлĕ кĕтесĕсенчен ăшпиллĕ тав сăмахĕсем килсех тăчĕç. Сăлтавĕ пулчĕ çав: хисеплĕ колхозница 70 çул тултарчĕ. Тăван ачисем, пĕлĕшĕ-хурăнташĕсем, çывăх çыннисем юбиляра ырлăх-сывлăх, телейлĕ кунçул, вăрăм ĕмĕр сунчĕç.

В. ГРИГОРЬЕВ.
Канаш районĕ.

### *Ячĕ—хисепре*

1983 çултанпа ĕçлет Шупашкарти «Работница» производство пĕрлешĕвĕнчи кĕпе-тумтир хатĕрлекен 1-мĕш цехра çĕвĕç пулса М. Ф. Смирных. Уйăхри плана 170—190 процент тултарать. Вăл çĕленĕ кĕпе-тумтир яланах пĕрремĕш сортпа каять. Ахальтен мар унăн сăнĕ Ленин районĕнчи Хисеп хăми синче. Мария Федоровна — Ленин район Совечĕн депутачĕ.

Пĕчĕкрен алă ĕçне туманă хăнăхнă, йывăçлăхсенчен хăраман хĕрача 10 класс пĕтернĕ хыççăн тӳрех Етĕрне районĕнчи, хăйĕн тăван Пушкăрт ялĕнчи çĕвĕ цехне вырнаçнă. Каярах вара хĕр-тантăшĕсемпе пĕрле Шупашкар хулине килнĕ.

— Пур çĕре те ĕлкĕрет, пурне те пултарать. Вăл манăн пĕрремĕш пулăшакан, — тет цех мастерĕ Юлия Владимировна Кудрявцева.

О. ВАСИЛЬЕВА.

### *Кĕнекепе туслă*

ЕЛЧĔК. 33-мĕш çул пĕр улшăнмасăр ĕçлет районти централизациленĕ библиотекăн Çĕнĕ Пăвари филиалĕн заведующийĕ Луиза Викторова.

Библиотека вулаканĕсем халĕ — 900 çын ытла. Вĕсем хушшинче ĕçпе вăрçă ветеранĕсем те сахал мар. Çав шутра — Алексей Петров, Петр Сергеев, Степан Смолин, Зиновия Капитонова, Мария Ваккова тата ытти те.

Л. Викторова нумаях пулмасть хăй çуралнăранпа 50 çул çитнине паллă турĕ. Çав ятпа ăна ял Совет ĕçтăвкомĕн работникĕсем, Чăваш патшалăх университетĕнче вĕренекен икĕ ывăлĕ, ял хуçалăх институтĕнче вĕренекен хĕрĕ, пĕлĕш ĕçтешĕсем ăшшăн саламларĕç, ырлăх-сывлăх, телей сунса, парнесем парса [illegible]







«Чувашшвейбыт» пĕрлешĕвĕн сăнав лабораторийĕ тухăçлă ĕçлет. Ирина Алтумбекова, Наташа Петрищева художник-модельерсем, Людмила Семеновăпа Татьяна Шитова конструкторсем тĕрлĕ çипуçăн çĕнĕ моделĕсемпе час-часах савăнтараççĕ. Çак кунсенче, акă, Модăсен çуртĕнчи запра Францири тĕнчипех паллă модельерсен эскизĕсемпе çĕленĕ çипуçа кăтартнă. Куракансем пальтосемпе курткăсен ялан тăхăнмалли тата уява каймалли платьесемпе костюмсен моделĕсен ытларахăшне килĕштернĕ.

Ӳкерчĕксем синче: ку çипуçа Франци модельерĕсен эскизĕсемпе çĕленĕ.

С. Игнатьев фотоӳкерчĕкĕсем.

# ЯЛАН АСРА ТЫТМА

Муркашра Çар мухтавĕн пӳлĕмĕ уçăлчĕ. Çак ятпа районти çарĕç комиссариачĕ умĕнче хаваслă митинг пулчĕ. Вăрçăпа ĕç ветеранĕсем, çарта пулнă çамрăксем, салтак амăшĕсемпе арăмĕсем, шкул ачисем, çывăхри ялсенче пурăнакансем йышлăн хутшăнчĕç унта. Çар мухтавĕн пӳлĕмĕ умĕнчи хĕрлĕ хăйăва вăрçă ветеранĕсем М. Григорьев, В. Смирнов, С. Афанасьев, Афганистанра интернационалла тивĕçе пурнăçласа пуçĕсене хунă çамрăксен амăшĕсем Р. Порфирьева, Т. Михеева, И. Самойлова касрĕç.

— Çар мухтавĕн пӳлĕмне уçас шухăш икĕ çул каялла интернационалист-воинсен совечĕн пĕрремĕш ларăвĕнче çуралчĕ. Ун чухнехи çарĕç комиссарĕ И. Кириллов, çак шухăша ырласа, хĕрлĕ кĕтесре Çар мухтавĕн пӳлĕмне уçма ирĕк пачĕ. — каласа парать районти çарĕç комиссарĕ В. Смирнов. — Комсомол райкомĕ кирлĕ материалсем тăрăшса пухрĕ, çамрăксене те çак ĕçе хутшăнтарчĕ. Çар мухтавĕн пӳлĕмĕ çĕршывăн пулас хуралçисене çарпа патриотизм воспитанийĕ парас ĕçре витĕмлĕ пулăшса тăрасса шанас килет. Митингра районти вăрçăпа ĕç ветеранĕсен совечĕн председателĕ С. Афанасьев, КПСС райкомĕн секретарĕ Э. Иванова, вăрçăпа ĕç тата парти ветеранĕ М. Григорьев, интернационалист-воин В. Семенов, вăрçăпа ĕç ветеранĕ А. Махров, Муркашри вăтам шкулта вĕренекен Е. Кириллова тухса каларĕç. Юлашкинчен интернационалист-воинсене СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн грамотисемпе медалĕсене пачĕç. Вăрçă ветеранĕсем, çарта пулнă çамрăксем Çар мухтавĕн пӳлĕмне тĕрлĕ материалсемпе документсем парнелерĕç.

Г. ЯКОВЛЕВА.

✦ СУД ЗАЛĔНЧЕН

# ПЫРА ЛАРНĂ

Республикăри Госагропромăн автобазинчи А. Иванов водитель, хăйне Шупашкарти аш-какай комбинатне ĕçлеме янине пĕлсен, тем пекех савăннă. Автомашина кабининчи ларкăч хыçне хăйне евĕрлĕ вăрттăн вырăн хатĕрленĕ. «Кунта никам та уçса пăхас çук-ха, — шухăшланă ăшĕнче, — таса мар ключсемпе запас пайсем выртакан ешĕкре кам чакаланĕ».

Хавас кăмăлпа пырса кĕнĕ вăл комбината. Тĕрĕслеççĕ е тĕрĕслемеççĕ-ши тесе, çӳп-çап тиесе темиçе хутчен проходнойран тухса пăхнă. Хуралçăсем тимлех пулманнине кура цеха кĕрсе тĕтĕмленĕ кăлпасси, шăрттан хĕстерсе тухнă, килне леçсе хăварнă.

Малтанхи «сунар» ăнăçлă вĕçленни Анатолий Германовича хавхалантарнă. Тепĕр хут комбината кĕрсе килограмĕ 10 тенкĕ те 50 пус тăракан çинĕ батон «Сервилат» илсе тухнă, тăватă батонне хăйĕн пĕлĕшне 20 тенкĕпе сутса янă.

Кăнтăрлахи апат хыççăн тата сакăр батон хаклă кăлпасси вăрланă А. Иванов, анчах хуралçăсем ларкăч айĕнчи вăрттăн ешĕке уçса пăхнă.

Халăх сучĕ ăна унăн çав кунхине 12 килограмм кăлпасси вăрласа тухнине ĕнентерме тивнĕ.

И. КЛЕМЕНТЬЕВ.

# ЯЛТИ МУЗЕЙРА

Юлашки вăхăтра Сĕнтĕрвăрри районĕнче обществăлла йĕркелĕхе сыхлас енĕпе чылай сĕнĕлĕхсем палăрма тытăнчĕç. Право йĕркине çирĕплетес тата вут-кăвартан сыхланас ыйтусемпе райхаçат ятарлă страницăсем кăларать. Кабель заводĕн деповĕнче пушар хуралĕн историйĕн музейне уçма хатĕрлеççĕ.

Нумай пулмасть Вăта Пукашри ял музейĕнче те йĕрке хуралçисем синчен кĕтес уçăлчĕ. Унта В. Савельевпа П. Вашават çырнă «Хăрушă çулăм» кĕнеке те пур. Унăн авторĕсем шкул ачисене пушартан сыхланма вĕрентеççĕ, пушар хăрушă никек пулнине тĕслĕхсемпе çирĕплетеççĕ. Кунтах — ирĕклĕ пушар членĕсем пулнă, тĕрлĕ çулсенче милици органĕсенче ĕçленĕ ентешсен удостоверенийĕсем, столет енчĕкĕ... Экспонатсемпе паллашсан, Совет влаçĕн малтанхи çулĕсенчех вăтапукашсенчен чылайăшĕ милици органĕсенче ĕçлеме тытăнни синчен пĕлме пулать.

Унччен Чăваш АССР Шалти ĕçсен министерстви кăларнă нумай тиражлă хаçат номерĕсем те упранаççĕ кунта.

Экспонатсем пуянлансах пыраççĕ. Нумаях пулмасть Октябрьскинче пурăнакан, службăри активлă ĕçсемшĕн орден илме тивĕç пулнă милици капитанĕн Анатолий Гурьевăн сăнӳкерчĕкĕ хутшăнчĕ. Вăл 20 çул ытла ĕнтĕ участокри инспекторта ĕçлет.

Музей членĕсем материалсем пухас енĕпе милици районти пайĕпе, ытти хуласенчи [illegible]

*Театрта—премьера*

# «КАÇАР МАНА»

К. В. Иванов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство академи драма театрĕн репертуарĕ тепĕр спектакльпе пуянланчĕ. Çамрăк драматургăн Валери Тургайăн «Каçар мана» драми тăрăх спектакле Чăваш комсомолĕн Çеçпĕл Мишши ячĕпе хисепленекен премийĕн лауреачĕ Андриян Павлов режиссер лартнă. Сценăна Чăваш АССР тава тивĕçлĕ художникĕ Николай Максимов илемлетнĕ, музыкине Валерий Игнатьев пухса йĕркеленĕ.

Ашшĕ-амăшĕ хăйсен таса тивĕçне вусех манса, аташса-пăтрашса пурăнни ачисен пурнăçне ĕмĕрлĕхех амантса хăварать, нихçан тӳрлетейми йăнăшсем тутарать — çакăн пек шухăша çуратать театрăн çĕнĕ спектаклĕ.

Тĕп рольсене Анна Кутузова, Борис Данилов, Валентина Трифонова, Валентина Иванова, Николай Булаткин артистсем выляççĕ.

А. АЛЕКСАНДРОВ.

● Спектакльти пĕр сцена.

Б. Иванов фотоӳкерчĕкĕ.



## ПĔЛТЕРӲСЕМ

### Вăрмарти çулçӳревсемпе экскурсисен бюровĕ

колхозсемпе совхозсен, предприятисемпе организацисен профсоюз комитечĕсемпе 1990 çула путевкăсем туянма договорсем тăвать. çак маршрутсене сĕнет:

**Молодечно (Вильнюс, Минск, Хатынь),** путевка срокĕсем: мартăн 10 — 18-мĕшĕсенче, апрелĕн 14 — 22-мĕшĕсенче, июнĕн 16 — 24-мĕшĕсенче, октябрĕн 20 — 28-мĕшĕсенче, ноябрĕн 17 — 25-мĕшĕсенче, декабрĕн 21 — 29-мĕшĕсенче; хакĕ — 149 тенкĕ;

**Брест (Пинск, Беловежская Пуща),** февралĕн 23 — мартăн 2-мĕшĕсенче, августăн 15 — 22-мĕшĕсенче, ноябрĕн 8 — 15-мĕшĕсенче, ноябрĕн 28 — декабрĕн 5-мĕшĕсенче; 122 тенкĕ;

**Загорск (Мускав),** апрелĕн 1 — 7-мĕшĕсенче, майăн 13 — 19-мĕшĕсенче, июнĕн 24 — 30-мĕшĕсенче, сентябрĕн 16 — 22-мĕшĕсенче, октябрĕн 14 — 20-мĕшĕсенче; 132 тенкĕ;

**Нарва (Таллин, Тарту, Ленинград),** мартăн 31 — апрелĕн 9-мĕшĕсенче, июнĕн 20 — 29-мĕшĕсенче, октябрĕн 19 — 28-мĕшĕсенче, декабрĕн 7 — 16-мĕшĕсенче; 168 тенкĕ;

**Паневежис (Рига, Вильнюс, Каунас),** январĕн 18 — 26-мĕшĕсенче, февралĕн 15 — 23-мĕшĕсенче, мартăн 1—9-мĕшĕсенче, апрелĕн 26 — майăн 4-мĕшĕсенче, майăн 17 — 25-мĕшĕсенче, июнĕн 1 — 9-мĕшĕсенче, июлĕн 12 — 20-мĕшĕсенче, августăн 24 — сентябрĕн 1-мĕшĕсенче, октябрĕн 4 — 12-мĕшĕсенче, ноябрĕн 22 — 30-мĕшĕсенче, декабрĕн 8 — 16-мĕшĕсенче; 130 тенкĕ;

**Одесса,** ноябрĕн 19 —27-мĕшĕсенче, декабрĕн 14 — 22-мĕшĕсенче; 130 тенкĕ.

Çак адреспа пымалла: **429400, пос. Урмары, ул. Жданова, 5,** телефон 2-14-65.

### Качинскри А. Ф. Мясников ячĕпе хисепленекен летчиксен Ленин орденлĕ аслă çар училищи

1990 çулта вĕренме илесси çинчен пĕлтерет.

Училищĕре Совет Çарĕн, Сывлăш-Çар Вăйĕсен офицерĕсене вĕрентсе хатĕрлеççĕ. Училищĕрен вĕренсе тухсан «лейтенант» званипе «инженер-летчик» квалификаци, дипломпа кăкăр çине çакмалли паллă параççĕ.

**Вĕренӳ срокĕ — 4 çул.**

Училищĕне 23 çула çитмен прапорщиксене, мичмансене, срокран ирттерсе службăра тăракансене, сроклă службăран таврăннисене, çавăн пекех сывлăх тĕлĕшĕнчен вĕсев служинче тăма юрăхлă, вăтам пĕлӳ илнĕ, 21 çула çитмен сроклă службăра тăракан тата ĕçлекен çамрăксене йышăнаççĕ.

**Вĕренме кĕмелли экзаменсем июлĕн 1-мĕшĕнче пуçланаççĕ,** математикăпа (сырса), физикăпа (сăмахпа каласа), СССР историйĕпе (сăмахпа каласа), вырăс чĕлхипе тата литературипе (сочинени) пулаççĕ.

Училищĕне вĕренме кĕме çар çыннисем **апрелĕн 1-мĕшĕччен** командăпа рапорт çырса параççĕ, ĕçлекен çамрăксен **майăн 15-мĕшĕччен** хăйсем пурăнакан вырăнти çар комиссариачĕсем урлă заявлени çырса памалла. Вĕренме кĕрес текенсен, училище çар комиссариачĕсемпе чăссен командирĕсем урлă чĕнсе ярсан, экзаменсем тытма пымалла.

Конкурспа вĕренме кĕнисене курсантсен шутне илеççĕ, вĕсем действительнăй службăра шутланаççĕ. Курсантсене хĕллехи вăхăтра кашни çул икĕ эрнелĕхе каникула яраççĕ, вĕренӳ çулĕ вĕçленсен, пĕр уйăхлăха отпуск параççĕ, çул укçи тӳлеççĕ.

Адрес: **400010, г. Волгоград-10. Качинское высшее военное авиационное училище летчиков.**

### Чăваш АССР Госагропромĕн Кӳкеçри вĕренӳ-курс комбиначĕ

çак группăсене вĕренме йышăнать:

газоэлектросварщиксене вĕрентсе хатĕрлекен (кантарлахи тата каçхи ушкăнсем пулаççĕ, занятисем январĕн 25-мĕшĕнче пуçланаççĕ);

**«В» тата «С» категорисенчи автотранспорт водителĕсене хатĕрлекен** («КамАЗ» автомобильсем çинче ĕçлеме ирĕк параççĕ, 5 уйăх вĕренмелле, занятисем январĕн 10-мĕшĕнче пуçланаççĕ);

**«А» тата «В» категорисенчи автотранспорт водителĕсене хатĕрлекен** (2 уйăх вĕренмелле, занятисем январĕн 9-мĕшĕнче пуçланаççĕ);

водительсене газ баллонĕсене турттармалли автомобиль [illegible]

# ПИЛĔК АВМАСĂР

Канаш районĕнчи Ухман ялĕнче çуралса ӳснĕ Геннадий Казаков, пурнăçри 34 çултан, [illegible]

ЕЛЧĔК. 33-мĕш çул пĕр улшăнмасăр ĕçлет районти централизациленĕ библиотекăн Çĕнĕ Пăваçри филиалĕн заведующийĕ Луиза Викторова.

Библиотека вулаканĕсем халĕ — 900 çын ытла. Вĕсем хушшинче ĕçпе вăрçă ветеранĕсем те сахал мар. Çав шутра — Алексей Петров, Петр Сергеев, Степан Смолин, Зиновия Капитонова, Мария Волкова тата ыттисем.

Л. Викторова нумаях пулмасть хăй çуралнăранпа 50 çул çитнине паллă турĕ. Çав çул çитнине паллă турĕ. Çав ятпа ăна ял Совет ĕçтăвкомĕн работникĕсем, Чăваш патшалăх университетĕнче вĕренекен икĕ ывăлĕ, ял хуçалăх институтĕнче вĕренекен хĕрĕ, пĕрле ĕçлекенсем ăшшăн саламларĕç, ырлăх-сывлăх, телей сунса, парнесем парса чысларĕç.

**В. ЕРТМАКОВ,**
обществăлла корреспондент.

Юлашки вăхăтра Сĕнтĕрвăрри районĕнче обществăлла йĕркелĕхе сыхлас енĕпе чылай çĕнĕлĕхсем палăрма тытăнчĕç. Право йĕркине çирĕплетес тата вут-кăвартан сыхланас ыйтусемпе райхаçат ятарлă страницăсем кăларать. Кабель заводĕн деповĕнче пушар хуралĕн историйĕн музейне уçма хатĕрленеççĕ.

Нумай пулмасть Вăта Пукашри ял музейĕнче те йĕрке хуралçисем çинчен кĕтес уçăлчĕ. Унта В. Савельевпа П. Вашавăт çырнă «Хăрушă çулăм» кĕнеке те пур. Унăн авторĕсем шкул ачисене пушартан сыхланма вĕрентеççĕ, пушар хăрушă пикек пулнине тĕслĕхсемпе çирĕплетеççĕ. Кунтах — ирĕклĕ пушар членĕсем пулнă, тĕрлĕ çулсенче милици органĕсенче ĕçленĕ ентешсен удостоверенийĕсем, ытти документсем. Милиционерсен 50—60-мĕш çулсенчи шинелĕ, иртнĕ граждан вăрçин çулĕсенче усă курнă винтовка штыкĕпе паянхи милици çыннисен пистолет енчĕкĕ... Экспонатсемпе паллашсан, Совет влаçĕн малтанхи çулĕсенчех вăтапукашсенчен чылайăшĕ милици органĕсенче ĕçлеме тытăнни çинчен пĕлме пулать.

Унччен Чăваш АССР Шалти ĕçсен министерстви кăларнă нумай тиражлă хаçат номерĕсем те упранаççĕ кунта.

Экспонатсем пуянлансах пыраççĕ. Нумаях пулмасть Октябрьскинче пурăнакан, службăри активлă ĕçĕшĕн орден илме тивĕç пулнă милици капитанĕн Анатолий Гурьевăн сăнӳкерчĕкĕ хутшăнчĕ. Вăл 20 çул ытла ĕнтĕ участокри инспекторта ĕçлет.

Музей членĕсем материалсем пухас енĕпе милици районти пайĕпе, ытти хуласенчи ветерансемпе, вĕсен тăванĕсемпе тачă çыхăну тытаççĕ.

**А. МАКСИМОВ,**
ялти обществăлла йĕркепе ĕçлекен музей совечĕн членĕ.

К. В. Иванов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство академи драма театрĕн репертуарĕ тепĕр спектакльпе пуянланчĕ. Çамрăк драматургăн Валери Тургайăн «Каçар мана» драми тăрăх спектакле Чăваш комсомолĕн Çеçпĕл Мишши ячĕпе хисепленекен премийĕн лауреачĕ Андриян Павлов режиссер лартнă. Сценăна Чăваш АССР тава тивĕçлĕ художникĕ Николай Максимов илемлетнĕ, музыкине Валерий Игнатьев пухса пĕркеленĕ.

Ашше-амăшĕ хăйсен таса тивĕçне вуçех манса, аташса-пăтранса пурăнни ачисен пурнăçне ĕмĕрлĕхех амантса хăварать, вырăнсăр йăнăшсем кăна тӳрлетейми ĕмĕре тутарать — çакăн пек шухăш çуратать театрăн çĕнĕ спектаклĕ.

Тĕп рольсене Анна Кутузова, Борис Данилов, Валентина Трифонова, Валентина Иванова, Николай Булаткин артистсем выляççĕ.

**А. АЛЕКСАНДРОВ.**

Спектакльти пĕр сцена.
Б. Иванов фотоӳкерчĕкĕ.

...вина хавхалантарнă. Тепĕр хут комбината кĕрсе килограмĕ 10 тенкĕ те 50 пус тăракан çичĕ батон «Сервилат» илсе тухнă, тăватă батонне хăйĕп пĕлĕшне 20 тенкĕпе сутса янă.

Кăнтăрлахи апат хыççăн тата сакăр батон хаклă кăлпасси вăрланă А. Иванов, анчах хуралçăсем ларкăч айĕнчи вăрттăн ешĕке уçса пăхнă.

Халăх судĕнче унăн çав кунхине 12 килограмм кăлпасси вăрласа тухнине йышăнма тивнĕ.

**И. КЛЕМЕНТЬЕВ.**

## ПИЛĔК АВМАСĂР

Канаш районĕнчи Ухман ялĕнче çуралса ӳснĕ Геннадий Казаков, пурнăçри 34 çултан, вунвиçĕ çулне тĕрмесемпе колонисенче ларса ирттернĕ. Анчах ăс кĕмен ăна, унчченхи пекех янттине хапсăннă. Çăмăл майпа пуяс ĕмĕтпе вăл Шупашкарти «Салам» кооперативва пырса вырнаçнă. «Пуртăпăчкăпа ĕçлеме ăста эп, ача чухнех савалана-чутлана, — çине тăрса ĕнентернĕ кооперативра. — Йывăçран тем тума та пултаратăп».

«Ăста» столяра Хусанкай урамĕнчи 32-мĕш çуртри общежитие вырнаçтарнă. Малтанхи кунсенчех ăçта мĕн выртнине куçлама тытăннă Казаков. Пĕр кунхине вăл хăйĕн юлташĕ Ю. Дмитриев пурăнакан пӳлĕме пырса кĕнĕ. Юлташĕ çывăрнине курсан, сĕтел çинче ларакан «Ореанда-203» магнитофона, стена çумĕнче çакăнса тăракан кĕрĕкс, перчеткесене пысăк сумкăна чикнĕ те урамалла талпăннă. Н. Тронина вахтер куç тĕлне пулсан та сехĕрлесе ӳкмен, унччен те çын япалипе пĕр хут çеç мар çаратнă Казаков. «Яла кайма пуçтарăнтăм-ха,— тим пулман пек тыткаланă хăйпе. — Апăр-тапăра леçсе пăрахас, чăрмантарса ан тăччĕр...»

Инçех тараймаn Казаков, ăна вăрланă япалисемпех ярса илнĕ, халăх судĕкче тивĕçлĕ ответ тыттарнă.

**И. ФЕДОРОВ.**

Редактор А. П. КАЗАНОВ.

рĕсем действительнăй службăра шутланаççĕ. Курсантсене хĕллехи вăхăтра кашни çул икĕ эрнелĕхе каникула ярассĕ. вĕренӳ çулĕ вĕçленсен, пĕр уйăхлăха отпуск параççĕ. çул укçи тӳлессĕ.

Адрес: 400010, г. Волгоград-10, Качинское высшее военное авиационное училище летчиков.

## Чăваш АССР Госагропромĕн Кӳкеçри вĕренӳ-курс комбиначĕ

çак группăсене вĕренме йышăнать:

**газоэлектросварщиксене вĕрентсе хатĕрлекен** (кăнтăрлахи тата каçхи ушкăнсем пулаççĕ, занятисем январĕн 25-мĕшĕнче пуçланаççĕ);

**«В» тата «С» категорисенчи автотранспорт водителĕсене хатĕрлекен** («КамАЗ» автомобильсем çинче ĕçлеме ирĕк параççĕ, 5 уйăх вĕренмелле, занятисем январĕн 10-мĕшĕнче пуçланаççĕ);

**«А» тата «В» категорисенчи автотранспорт водителĕсене хатĕрлекен** (2 уйăх вĕренмелле, занятисем январĕн 9-мĕшĕнче пуçланаççĕ);

**водительсене газ баллонĕсене турттармалли автомобильсем çинче ĕçлеме хатĕрлекен** (10 кун вĕренмелле, занятисем январĕн 10-мĕшĕнче пуçланаççĕ);

**водительсене «КамАЗ» автомобильсем çинче ĕçлеме хатĕрлекен** (1 уйăх вĕренмелле, занятисем январĕн 15-мĕшĕнче пуçланаççĕ, касхине пулассĕ);

**водительсене «Е» категорие куçаракан, вĕсен класноçне ӳстерекен** (1 уйăх çурă вĕренмелле, занятисем январĕн 15-мĕшĕнче пуçланаççĕ, касхине пулассĕ);

**водительсене «Д» категорие куçаракан, вĕсен класноçне ӳстерекен** (2 уйăх вĕренмелле, занятисем январĕн 15-мĕшĕнче пуçланаççĕ, касхине пулассĕ);

**стропальщиксене вĕрентсе хатĕрлекен** (2 уйăх вĕренмелле, занятисем январĕн 15-мĕшĕнче пуçланаççĕ, каçхине пулассĕ).

Колхозсемпе совхозсен, предприятисемпе организацисен направленийĕсемпе тата харпăр хăй шучĕпе вĕренме илессĕ.

Вĕренекенсем валли общежити пур.

Курссене вĕренме пынă чухне çак документсем сумра пулмалла: направлени, паспорт, 3 сăнӳкерчĕк (3,5х4,5 см), сывлăх тĕлĕшĕнчен çак специальноçсемпе ĕçлеме юрăхлине çирĕплетекен медицина справки.

Адрес: **Шупашкар районĕ, Кӳкеç, Шуршăл урамĕ, 4-мĕш çурт.**

Телефонсем: **2-19-99, 2-17-04.**

## Çĕнĕ Шупашкарти 15-мĕш профтехучилище

СССР Хĕçпăшаллă Вăйĕсен ретĕнчен запаса тухнă яшсене **технологи оборудованийĕн электросварщик - монтажникне** вĕренме йышăнать.

**6 уйăх вĕренмелле.**

Вĕренекенсене уйăхне 100 тенкĕ стипенди параççĕ. Производство практики вăхăтĕнче ĕç укçин 50 процентне тӳлеççĕ. Урăх хуласемпе ялсенчен вĕренме килнисене общежитипе тивĕçтереççĕ.

Училище пĕтерсен, «Химпром» производство пĕрлешĕвĕн объекчĕсенче ĕçлеççĕ.

Çак адреспа пымалла: **г. Новочебоксарск, ул. Советская, 3.**

Телефонсем: **77-87-30, 77-75-82, 77-01-58.**

*● Çивĕч сигнал*

# МАКУЛАТУРĂНА ЯМА ЮРАТЬ-ШИ?

Республикăри «Союзпечать» предприятийĕ «Ялав» журналăн библиотекин кĕнекисене киоскесенче сахал мар сутать. Анчах та хăшпĕр кăларăмсем пĕр-ик уйăхрах сутăнса пĕтейместĕ. Вĕсем складра е киоскесенче ан кансĕрлеччĕр тесе, «Союзпечать» системинче ĕçлекен бюрократсем хăшпĕр кĕнекесене касса ваклаcа макулатурăна ярассĕ иккен. Чăваш АССР культурăн тава тивĕçлĕ работникĕн Юхма Мишшин «Юратура эп тупрăм çăлăнăç» ятлă кĕнекине, акă, 4 700 экземпляр таран макулатурăна янă. Унашкал инкеке лекнисем хушшинче Виталий Енĕшĕн «Ах, турă», Денис Гордеевăн «Аналалла-тăвалла» кĕнекисем те пур.

Республикăри «Чăваш кĕнеки» пĕрлешĕвĕн базинче пулма тӳр килчĕ. Унта та сутăнмасăр юлнă кĕнекесене макулатурăна яма магазинсенчен пухнă. Касса ваклама хатĕрленисем хушшинче Илле Тăхтин «Суйласа илнисем» кĕнеки чылайăн пăларчĕ. Мĕтри Кипекĕн «Парăнманнисем çĕнтереççĕ» кĕнеки те пайтах. Çавăн пекех Чăваш халăх поэчĕсен Николай Шелепин, Петĕр Хусанкайăн, Яков Ухсайăн, Александр Алган, Стихван Шавлин сăвă кĕнекисем купаланса выртаççĕ. Тоубина Мархвин, Александр Кăлканăн, Алексей Воробьевăн, Николай Терентьевăн, Митта Петĕрĕн кĕнекисем те пур. Уйрăмах критиксен кĕнекисем чылай. Аркадий Эсхелĕн «Вăхăт таппи». Василий Долговăн «Ленин сăнарĕ — халăх чĕринче», Геннадий Хлебниковăн «Пултарулăх тĕшши», Иван Кузнецовăн «Саманапа литература» кĕнекисем тахçантанпах сутăнмаççĕ-мĕн.

Чăвашпотребсоюзăн кĕнеке базипе магазинĕсенче чылайранпа сутăнман кĕнекесем нумай. Вĕсене те макулатурăна ярас хăрушлăх пур.

Кĕнеке кăларасси мĕн тери йывăррине шута илсен, илемлĕ литература кĕнекисене касса ваклаcа макулатурăна яни мĕн тери киревсĕр ĕç пулнине литературăна юратакан кашни çынах ăнланать. Кĕнекепе суту-илӳ тăвакансен илемлĕ литература произведенийĕсене кирлĕ пек хаклама пĕлес пулать. Вĕсене пĕр-ик çуллăха мар, вуншар çуллăха кăларнине шута илмелле.

Ялсен тата шкулсен библиотекисен çӳлерех асăннă кĕнекесене ытларах туянса юлма тăрăшмалла. Тепĕр ик-виç çултан вĕсене кăнтăрла хунарпа шырасан та тупма пулмĕ.

Петĕр ЯЛГИР.

## ÇАНТАЛĂК

Синоптиксем пĕлтернĕ тăрăх, паян кăнтăрла пирĕн республикăра пĕлĕтлĕ çанталăк пулать, кăштах юр çăвать, тăман вĕçтерет. Çил сурçĕр-хĕвеланăçĕнчен çеккунтра 7 — 12 метр хăвăртлăхпа вĕрет. Сывлăш температури республикăра 4—9, Шупашкарта 6 — 8 градус сивĕ пулать.

Кун тăршшĕ — 7 сехет те 7 минут.

## ТЕЛЕВИДЕНИ

ЮНКУН,
ЯНВАРĔН 3-МĔШĔ

ПĔРРЕМĔШ ПРОГРАММА

6.30 — 120 минут.
8.35 — «Житие Дон Кихота и Санчо». Нумай серийллĕ илемлĕ телефильм. Пĕрремĕш фильм. 2 сери.
9.45 — Мультфильмсем.
10.10 — Н. Задорнов писательпе унăн ывăлĕн М. Задорнов сатирикăн творчестви çинчен.
11.10 — Халăх кĕввисем.
11.25 — Реклама.
11.30 — Ача-пăча сехечĕ.
12.30 — Вăхăт.
13.00 — «Мой друг — лошадь». Нумай серийллĕ наукăллă-популярлă телефильм. 3 тата 4 серисем.
15.30 — «В поисках капитана Гранта». 2 сери.
16.25 — Документлă телефильм.
17.15 — Сывă-и, кĕвĕ!
18.00 — Мультфильм.
18.30 — Вăхăт.
19.00 — «Круги на воде». Документлă телефильмăн иккĕмĕш фильмĕ. — «Нетерпимость — истоки и следствие».
19.50 — «Житие Дон Кихота и Санчо». 1-мĕш фильм. 2-мĕш сери.
21.00 — Вăхăт.
21.30 — Çивĕч ыйтупа илнĕ интервью.
21.40 — Телефильмсен анонсĕ.
22.10 — «Гибель Марины Цветаевой». Телефильм.
23.15 — Концерт.
23.45 — ТСН. Çĕнĕ хыпарсен служби.

ИККĔМĔШ ПРОГРАММА

8.00 — Ирхи гимнастика.
8.15 — Документлă телефильмсем.
8.55 — Вĕренӳ передачисем.
9.25 — «Человек из страны Грин». Телеспектакль.
11.45 — Вĕренӳ передачи.
12.15 — Фильм — ачасене. «Кортик». 2 сери.
13.25 — Тутар АССР Телевиденипе радиовещанин государство комитечĕн передачи.
14.20 — «Подружка моя». Илемлĕ телефильм.
17.25 — «Пĕрлехи семьере». Атăлпа Урал тăрăхĕнчи ултă автономиллĕ республика тележурналĕ (Шуп.).
18.30 — Вăхăт.
19.00 — Республика кунĕ (Шуп.).
19.10 — «Чăвашла калаçма вĕренетпĕр» (Шуп.).
19.40 — Республика кунĕ (Шуп.).
19.50 — Рекламăпа пĕлтерӳсем (Шуп.).
20.00 — Ырă каç пултăр, ачасем!
20.15 — «Если вам за...»
21.00 — «Счет № 705». Совет Союзĕн Мир фончĕн ĕçĕ-хĕлĕ çинчен.
21.35 — «Золотая мина». Илемлĕ телефильм, 1 сери.
22.35 — «Юрмала-90». Совет эстрадин юррисене юрлакан çамрăк юрăçсен Пĕтĕм Союзри V конкурсĕн Мускав регионĕнчи тапхăрĕ.

## РАДИО

ЮНКУН,
ЯНВАРĔН 3-МĔШĔ

6.15 — «Столица курьерĕ». Шупашкар çыннисем валли передача. 6.30 — «Виç минутсăр çур сехет». Информаципе публицистика программи. 7.00 — 7.15 — Мускав передачисем. 7.15 — Республика хаçачĕсене пăхса тухни. 7.25 — Пĕлтерӳсем. 7.28 — 7.30 — Радиопа телевидени касхи передачисен программи. 16.30 — 17.30 — Романссем (стерео). 18.00 — Çĕнĕ хыпарсем. 18.12 — Музыка календарĕ. 18.30 — Республика хыпарĕсем. 18.40 — 19.45 — Мускав передачисем. 19.45 — 20.45 — Çамрăксем валли «Араскал».

## ТЕАТР

**К. В. ИВАНОВ ЯЧĔПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ДРАМА ТЕАТРĔ** — январĕн 3-мĕшĕнче «Нарспи» драма, январĕн 4-мĕшĕнче «Каçар мана» драма (премьера), январĕн 5-мĕшĕнче «Амантнă чун» драма.

**РЕСПУБЛИКĂРИ ВЫРĂС ДРАМА ТЕАТРĔ** — январĕн 3, 4, 7-мĕшĕсенче 10 тата 14 сехетсенче «Кто? Куда? Откуда?» (Кто во что горазд) музыкăллă каламбур, январĕн 3-мĕшĕнче «Жизнь и необычайные приключения солдата Ивана Чонкина» халăх драми (премьера), январĕн 4, 7-мĕшĕсенче «Камерный» театр Лаврентия Берии» шарж (премьера).

**ЧĂВАШ ÇАМРĂКСЕН ТЕАТРĔ** — çĕнĕ сезон уçăлать — январĕн 5-мĕшĕнче 14 сехетре «Что в лесу произошло?» юмах, касхине «Таркăн» мыскараллă инкек.

Спектакльсем 19 сехетре пуçланаççĕ.

## КИНО

**«СЕСПЕЛЬ»** — Кăвак зал: «Полет навигатора» — 9.00, 11.00, 13.00, 15.00, 17.15, 19.10, 21.00. Кĕрен зал: «Морозко» — 9.00, 10.50; «Птицам крылья не в тягость» — 12.40, 14.30, 16.30, 21.00; «Зеленый луч» — 19.00. Кинозал: «Бесстрашный атаман» — 15.45; «И вся любовь» — 18.00, 20.00.

**«ОКТЯБРЬ»** — мультфильмсем — 9.00; «Полет навигатора» — 10.30, 15.00, 17.00, 19.00; «Конвой» — 13.00, 20.45.

**«ПОБЕДА»** — Пысăк зал: «Приключения Квентина Дорварда, стрелка королевской гвардии» — 9.00, 11.00, 13.00, 15.00, 17.00, 19.00, 21.00. Вăтам зал: «Бал сказок» — 9.00, 11.30; «До первой крови» — 13.00; «За прекрасных дам» — 15.00, 16.30, 18.00, 19.30, 21.00. Пĕчĕк зал: «Фанни и Александр» — 10.30, 14.30, 18.30.

**«МИР»** — «Дикие лебеди» — 9.00, 12.30; «Смех и горе у Бела моря» — 10.30; «Зорро» — 14.30; «Любовный недуг» — 17.30, 20.00.

**«СОКОЛ»** — «Двенадцать месяцев» — 9.30; «Убегающий август» — 17.00; «Интердевочка» — 11.00, 14.00, 18.30.

ПИРĔН АДРЕС:
428019, г. ЧЕБОКСАРЫ,
пр. ИВАНА ЯКОВЛЕВА, 13.
ДОМ ПЕЧАТИ, III ЭТАЖ.

ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 21-00-67; редактор заместителĕсем — 21-04-17 тата 21-20-07; ответлă секретарь — 21-04-26; секретар мат — 25-13-01; парти пурнăç пайĕ — 21-08-61 тата 25-13-24; идеологи пайĕ — 21-03-54 тата 25-13-18; промышленность, строительство тата транспорт пайĕ — 21-33-64, 25-13-04 тата 25-13-81; агропромышленность пайĕ — 21-08-62, 25-13-10, 25-13-05 тата 25-13-58; советсен ĕçĕпе социаллă пурнăç пайĕ — 21-03-04 тата 25-13-06; культура пайĕ — 21-08-56 тата 25-13-02; çырусемпе обществăлла корреспондентсен пайĕ — 21-05-21, 25-13-07 тата 29-76-22; информаципе спорт пайĕ — 21-22-31 тата 25-13-09; фотокорреспондент — 21-45-94; хамăр корреспондентсем — 3-24-91 (Канаш), 2-10-54 (Елчĕк), 4-34 (Етĕрне) тата 2-26-30 (Сĕнтĕрвăрри); издательство директорĕ — 21-00-23; пĕлтерӳсен пайĕ — 21-14-89 тата 29-76-89; «Вестник недели» редакцийĕ — 21-04-39; бухгалтери — 21-45-86; Чăваш АССР Журналистсен союзĕн правленийĕ — 25-13-83; хаçатăн обществăлла приемнăйĕ — 21-22-94.

Хаçат тунтикунсăр пуçне куллен тухать.

НТ 36002. Индекс газеты — 54800. Типография издательства Чувашского обкома КПСС, г. Чебоксары, пр. Ивана Яковлева, 13. Высокая печать, объем 2 печ. листа. Тираж 72.000 экз. Заказ № 2.